ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Февраль 14 ШăМАТКУН № 31 (8940)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



*Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе*

*КПСС Обкомĕнче*

## Вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли стахановла уйăхлăх ирттересси çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обком бюровĕ çапла йышăннă:

Çĕмĕрле районĕнчи «Победа», «Комбинат», «Искра», Ворошилов ячĕпе, Свердлов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсен, Куславкка районĕнчи Молотов ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан, «Коммунар» ялхуçалăх артелĕсен, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм», «Сĕнтĕрпуç» тата «Молния» ялхуçалăх артелĕсен членĕсем, «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан Çĕмĕрле вăрманпромхозĕн тата Вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан Кире вăрманпромхозĕн коллективĕсем 1953 çулхи февралĕн 20-мĕшĕпе мартăн 20-мĕшĕ хушшинче 1952—1953 çулсенчи кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли стахановла уйăхлăх ирттерме йышăннине ырлас.

# Вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх

Совет çыннисем, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе, коммунизм строительствинче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисене пурнăçласа, вĕсем промышленноçпа транспорта тата социализмлă ялхуçалăхне малалла аталантараççĕ, продукци туса кăларассине ÿстереççĕ, перекетлĕх режимне çирĕплетеççĕ. Халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн социализмлă ăмăрту сарăлса пырать.

Вăрман промышленноçĕнче ĕçлекенсем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Тăван çĕршыва тата ытларах тĕреклетессишĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн вăя шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Вĕсем аслă стройкăсене, халăх хуçалăхне йывăç материалсем нумайрах та нумайрах кирлине лайăх пĕлеççĕ. Çавăнпа вăрман хатĕрлекенсем производствăра усă курман резервсене палăртаççĕ, ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшакан çĕнĕ майсем шыраççĕ. Çĕршыври малта пыракан предприятисен пуçарăвĕпе вăрман промышленноçĕнче производство циклне хăвăртлатассишĕн, хăватлă техникăпа тухăçлă ĕçлессишĕн социализмлă ăмăрту сарăлса пырать.

Вăрман хатĕрлемелли плана тултарас ĕçĕн ăнăçлăхне татса паракан кунсем çитрĕç. Малта пыракан вăрманпромхозсен коллективĕсем, ялхуçалăх артелĕсен членĕсем хăйсем тунă çитĕнÿсемпе лăпланса лармаççĕ, государство заданине пĕтĕмĕшпе чыслă пурнăçлама тăрăшаççĕ, хăйсем пек ĕçлеме ыттисене чĕнеççĕ. Çĕмĕрле районĕнчи «Победа», «Комбинат», «Искра», Ворошилов ячĕпе, Свердлов ячĕпе тăракан колхозсен, Куславкка районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан, «Коммунар», тата Чапаев ячĕпе тăракан колхозсен, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм», «Сĕнтĕрпуç» тата «Молния» колхозсен членĕсем, «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан Çĕмĕрле вăрманпромхозĕпе Вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан Кире вăрманпромхозĕн коллективĕсем вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх ирттерме йышăннă. Вĕсен патриотла пуçарăвне Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обком бюровĕ ырларĕç, февралĕн 20-мĕшĕпе мартăн 20-мĕшĕ хушшинче республикăра кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли стахановла уйăхлăх ирттерме йышăнчĕç. Çак çĕнĕ хыпара вăрман хатĕрлекенсем тата колхозниксем тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç.

Стахановла уйăхлăха лайăх ирттересси—республикăри пĕтĕм партипе совет общественноçĕн тивĕçĕ. Халлĕхе республикăра вăрман хатĕрлевĕ çителĕксĕр хăвăртлăхсемпе пырать. 1952 çулта тата кăçалхи январь уйăхĕнче «Чăвашвăрман» трест халăх хуçалăхне вуншар пин кубометр йывăç парса çитереймерĕ. Çак уйăхра та ĕç япăх пырать. Уйрăмах Улатăр, Пăрачкав тата Канаш вăрманпромхозĕсем çителĕксĕр ĕçленине палăртас пулать. Вĕсен руководителĕсем плана чыслăн тултарассишĕн ответлăх туймаççĕ, ĕçе тĕрĕс йĕркелеме, техникăпа туллин усă курма, малта пыракансен опычĕпе мессерне пĕтĕçтерме, çитменлĕхсене сиплĕнчех пĕтерсе пыма тăрăшмаççĕ, «Чăвашвăрман» трест тата Вырăнти топливо промышленность управленийĕ юлса пыракан вăрманпромхозсен ĕçĕпе тĕплĕ интересленмеççĕ. Государство заданийĕсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, предприятисене конкретлă, оперативлă ертсе пыни, вĕсен техникипе экономикине лайăх пĕлни кирлĕ. Кашни вăрманпромхоз плана тăтăмах тултарса пытăр, график тăрăх ĕçлетĕр. Пур вăрманпромхозсенче те ĕçе комплекслă механизацилемелле, поток меслечĕпе анлăн усă курмалла. Тракторсемпе электростанцисене тата ытти механизмсене ик-виç смена ĕçлеттерес пулать.

Çĕмĕрле вăрманпромхозĕпе Кире вăрманпромхозĕн коллективĕсем çулталăкри, çавăн пекех сезонти плана срокчен тултарма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукцин хăйне ларакан хакне чакарма социализмлă обязательство йышăннă. Вĕсен пуçарăвне анлăн сармалла.

Вăрман хатĕрлевĕ юлса пынин сăлтавĕ вăл,—Советски, Элĕк, Шăхасан, Çĕрпÿ, Елчĕк, Тăвай, Пăрачкав, Сĕнтĕр, Канаш тата Улатăр районĕсенчи партипе совет организацийĕсем вăрмана ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ çителĕксĕр уйăрса яни, колхозниксене Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçе вăхăтра пурнăçлама мобилизацилемени. Çитес кунсенчех ĕçре татăклă улшăну тумасан, республика Тăван çĕршыв умĕнче пысăк парăма кĕме пултарать. «Чăвашвăрман» трестăн, Вырăнти топливо промышленность управленийĕн, райсовет исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсен вăрман хатĕрлевне вăйлатма татăклă мерăсем йышăнмалла, плана кирек мĕнле пулсан та тултармалла.

КПСС райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли план мĕнле пурнăçланса пыни çинчен хăйсен ларăвĕсенче сÿтсе явмалла, ик-виç кун хушшинче вăрмана ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ çителĕклĕ уйăрса ямалла.

КПСС Йĕпреç, Вăрнар, Канаш, Çĕмĕрле, Улатăр, Шăмăршă тата Первомайски райкомĕсен вăрманпромхозсенчи парторганизацисене партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-организациллĕ ĕçе вăйлатма ытларах пулăшмалла, хуçалăх руководителĕсен ответлăхне ÿстерсе пыма тăрăшмалла.

Ĕç ăнăçлăхне вăрман хатĕрлекенсем хушшинче политикăллă ĕçе, социализмлă ăмăртăва лайăх йĕркелени татса парать. Агитаторсемпе пропагандистсен ĕççыннисене Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ вăрман промышленноçĕ умне кăларса лартнă задачăсем, коммунизмăн аслă стройкисене тума çĕршыва йывăç нумай кирли çинчен тĕплĕн ăнлантарса памалла.

Стахановла уйăхлăха ăнăçлă ирттерме пур çĕрте те тĕплĕн хатĕрленмелле. Кашни вăрманпромхоза çĕнĕрен çĕршер çын тата лав пырĕ. Вăрманпромхоз руководителĕсен колхозниксене лайăх кĕтсе илмелле, вĕсене ĕçлеме тата канма лайăх условисем туса памалла Общежитисенче, столовăйсемпе магазинсенче, клубсемпе хĕрлĕ кĕтессенче йĕркелĕх пултăр. Мастерсемпе десятниксен, техноруксен, колхозниксене стахановецсен опычĕпе, техникăпа, ĕç нормипе тата расценкăсемпе паллаштарас, ĕçе тĕрĕс йĕркелес пулать. Рабочкомсен, районсенчи культурăпа çутĕç пайĕсен колхозниксен культурăллă ыйтăвĕсене пур енчен те тивĕçтермелле. Вăрман хатĕрлекенсем хаçат-журнал куллен вулама, радио итлеме пултарччăр. Клубсемпе хĕрлĕ кĕтессенче лекцисемпе докладсем час-часах ирттерни, кино кăтартни, концертсемпе спектакльсем лартса пани рабочисемпе колхозниксен политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне ÿстерме пулăштăр.

РСФСР Вăрман промышленность министерстви Чăваш республикинчи УРС-ĕн промышленность таварĕсемпе апат-çимĕç татти-сыпписĕр сутмалла тумалла, ĕçлекенсем патне вăрмана вĕри апат илсе пырассине организацилемелле.

КПСС райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен вăрман хатĕрлекенсем хушшинче партиллĕ-политикăллă тата массăллă-агитациллĕ ĕçе вăйлатма вăрманпромхозсене партипе совет активне ямалла.

Кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана чыслăн пурнăçласшăн вăрманпромхозсем, районсем, колхозсем тата бригадăсем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарар!

# Совет Союзĕ тăрăх

## Выльăхсене хĕл каçаракан вырăнта

АКТЮБИНСК, февралĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Выльăхсене кĕтÿре çÿретсе хĕл каçармалли Сам ятлă вырăн Актюбинск хулинчен çĕршер километрта. Çапах та кунта пурнăç вĕресе тăрать. ТАСС корреспонденчĕ выльăхсене хĕл каçармалли вырăнти парти ушкăнĕн секретарĕпе Аухатбаевпа радио тăрăх çыхăнса, колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем мĕнле пурăнни тата мĕнле ĕçлени çинчен каласа пама ыйтнă.

Сам ятлă вырăнта колхозсем 50.000 пуç выльăх-чĕрлĕх хĕл каçараççĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансем нумайăшĕ кунта çемйисемпех пурăнаççĕ. Вĕсен ачисем валли шкул-интернат, медицина пункчĕ, магазин, куçса çÿрекен ларексем уçнă. Хĕрлĕ юрта тата библиотека лайăх ĕçлеççĕ. Актюбинскран кунта час-часах самолетсем вĕçсе килеççĕ, вĕсем почта, çĕнĕ хаçат-журнал пăрахса параççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх пăхса пурăнакансем вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленеççĕ.

Хĕрлĕ юртăра кашни каçах çын нумай пулать. Кунта колхозниксем хаçат-журнал вулама, агитаторсем каласа панине итлеме пухăнаççĕ. Час-часах Мускавран тата Алма-Атаран паракан передачăсене пĕрле итлеççĕ, художествăллă пултарулăх кружокĕсем концертсем параççĕ.

## Районти библиотекăра

АЛМА-АТА, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Алма-Ата хулинчи Сталински районĕнчи 4-мĕш библиотека йывăр машинăсем тăвакан заводри, вагонсем юсакан заводри тата ытти предприятисенчи рабочисемпе служащисемшĕн ĕçлесе тăрать. Библиотекăран кĕнеке илсе вулакансем кĕнекесем улăштарса илме пынă та, сĕтел тавра тăрса, сĕтел çинче выртакан кĕнекесене пăхаççĕ, вуласа тухнă кĕнекесем çинчен пĕр-пĕрне хавасланса каласа параççĕ.

Библиотекăра 20 пине яхăн кĕнеке шутланать. Кунта вырăс классикĕсен, совет писателĕсен, наукăпа техника деятелĕсен, производство новаторĕсен кĕнекисем пур. Кашни кĕнекен хăйĕн пурнăçĕ палăрать. Иртнĕ çулта М. Бубеннов çырнă «Белая береза» романа 600 çын вуласа тухнă. В. Попов çырнă «Сталь и шлак» кĕнекене 1.000 çын ытла вуланă.

Библиотека активисчĕсем вуншар çын кашни эрнере пĕр хут районти предприятисен цехĕсене кĕнекесем илсе каяççĕ. Вĕсенчен тăватташĕ — комсомолка-сверловщица А. Паринова, стерженщица З. Остроухова, П. Савельевпа П. Рожнов токарьсем—пин çын хушшинче ĕçлеççĕ. Вĕсем рабочисемпе пĕрле питĕ паллă произведенисем çинчен сÿтсе яваççĕ, кăнтăрлахи кану вăхăтĕнче çĕнĕ кĕнекесем çинчен каласа параççĕ, вулакансен конференцийĕсене активлă хутшăнаççĕ.

Юлашки икĕ çул хушшинче библиотекăран кĕнеке илсе вулакансен шучĕ 30 хут ÿснĕ. Кашни вулакан çулталăк хушшинче вăтам шутпа 30 кĕнеке вуласа тухнă. Ку вăл совет çыннисен культури хăвăрт ÿссе пыни çинчен калать.

Халĕ Алма-Ата хулинче 200 ытла библиотека шутланать. Вĕсен фончĕ 4 миллион тома çитет. Библиотекăсем массăсем хушшине Ленин—Сталин идейисене сараççĕ, пурăнма, ĕçлеме, коммунизм тума вĕрентеççĕ.

Совет Çарĕн чаçĕсем Дон çинчи Ростов хулине фашистла нимĕç захватчикĕсенчен ирĕке кăларнăранпа вунă çул çитрĕ. Тăшман ишĕлтерсе хăварнă хулана юсанă. Хулари предприятисем пурте ĕçлеççĕ. Пурăнмалли çуртсем нумай туса лартнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Дон çинчи Ростов хулинчи Энгельс урамĕ.

(ТАСС фотохроники).

## Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарас умĕн

Пĕтĕм çĕршыв Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарнине кĕтсе илме хатĕрленет. Хуласенче, ялсенче, çар чаçĕсенче докладсемпе калаçусем ирттереççĕ. «В. И. Ленинпа И. В. Сталин—Совет государствин Хĕçпăшаллă Вăйĕсене туса хуракансем тата руководителĕсем», «И. В. Сталин—эпир пурăнакан вăхăтри аслă полководец», «Совет Çарĕ—мирĕн тата хамăр Тăван çĕршыв хăрушсăрлăхĕн тĕрекĕ» темăсемпе тата ытти темăсемпе те ирттерекен докладсемпе калаçусене ĕççыннисем интересленсе итлеççĕ. Аслă Отечественнăй вăрçă участникĕсем тата Çарпа авиаци, флот ĕçне пулăшакан ирĕклĕ общество активисчĕсем ĕççыннисемпе калаçусем нумай ирттереççĕ.

Мускаври машинăсем тăвакан заводра çамрăксен вечерĕ пулнă. Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарни çинчен генерал-майор А. Е. Школьников доклад туса панă. Мускаври малолитражнăй автомобильсем тăвакан заводра, Киров ячĕпе тăракан «Динамо» заводра тата ытти предприятисенче те пĕтĕм халăх праçникĕ çинчен докладсемпе калаçусем ирттернĕ.

Совет Çарĕн М. В. Фрунзе ячĕпе тăракан Центральнăй çурчĕн библиотекинче, столицăри ытти библиотекăсенче те кĕнеке выставкисем уçăлнă. Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн мухтавлă историйĕ çинчен каласа паракан фотовитринăсем хатĕрлеççĕ.

М. Горький ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕнче, Сокольникири тата Измайловăри Сталин ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕнче Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарнă май халăх гулянийĕсем ирттереççĕ. (ТАСС).

## Заданирен ирттерсе кăмрăк кăлараççĕ

КАРАГАНДА, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Карагандăри горняксем çĕр кăмрăкĕ кăларакан предприятисене пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеттерессишĕн кĕрешеççĕ. Халĕ бассейнри 10 шахта ытла проект тăрăх палăртнинчен ытларах кăмрăк кăлараççĕ.

Горький ячĕпе, Костенко ячĕпе тăракан, 1-мĕш номерлĕ тата ытти нумай шахтăсем пĕр тикĕс ĕçлеççĕ. Жданов ячĕпе тăракан шахта кăçал планран ирттерсе пысăк пахалăхлă çĕр кăмрăкĕ 13-мĕш эшелон ăсатнă. Çав топливăран çуррине Иван Топилин ертсе пыракан 6-мĕш участокри горняксем заданирен ирттерсе кăларнă. Ку стахановла участокри шахтерсем Карагандара чи пысăк тухăçлăхпа ĕçлеççĕ. Февраль уйăхĕ пуçланнăранпа Топилин ертсе пыракан участок заданирен ирттерсе 2 пин тонна ытла топливо кăларнă.

## *„Мста“ пăрахут Рига портне çитнĕ*

РИГА, февралĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Рига портне «Мста» пăрахут килсе çитнĕ. Вăл инçетрен таврăннă чухне Сурçĕр тинĕсĕнче питĕ вăйлă çил-тăвăла лекнĕ.

Пăрахут палубисем çине 10—13 метр çÿлĕш хумсем пыра-пыра çапнă. Пăрахут 40—50 градус таран тайăлнă. Хум çапса пăрахут çинчен тинĕсе ывăтас хăрушлăх пулнă пулин те, пăрахут экипажĕн членĕсем çил-тăвăл пăснă япаласене тÿрлетсех пынă, трюма шыв ан кĕтĕр тесе лайăх хупласа хунă. Карапăн служба пÿлĕмĕсене те шыв кĕнĕ. Машинăсем патĕнче ĕçлекен команда тата кочегарсем чĕркуççи таран сивĕ шывра тăрса ĕçленĕ. Совет морякĕсем çил-тăвăла парăнман, хаклă груза Рига портне лайăх илсе çитернĕ.

Рига портĕнче хăюллă моряксене ăшшăн кĕтсе илнĕ. Вĕсене тусĕсемпе тăванĕсем чĕререн саламланă.

## Каменщик çитĕнĕвĕ

КИЕВ, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕршыври паллă каменщик Сталинла премии лауреачĕ Иван Рахманин ĕнер Дарницăра çĕнĕ универмаг çурчĕн стенине купаласа пĕтернĕ. Çак ĕçе вăл, ытти ăста ĕçлекен каменщиксемпе танлаштарсан та, вунă хут хăвăртрах тунă.

Дарницăра нумай çуртсене хăвăрт ĕçлекен каменщик купаланă. Акă хыр вăрман патнех пырса тухакан Комсомольски урам. Çак урамри çуртсене тунă чухне Рахманин юлташ, кирпĕч купалас ĕçе хăй шухăшласа кăларнă майпа туса, малтанхи рекордсене тунă. Вăл Дарницăра икĕ шкул, столовăй çурчĕсене, пăравус бригадисем канмалли çурта, железнодорожниксен культура дворецĕн çуртне купаланă.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче паллă новатор 700 çамрăк рабочие кирпĕч купалас ĕçе хăвăрт тата питĕ лайăх тума вĕрентнĕ. Вăл хăй çак иртнĕ вăхăтра 12 миллион кирпĕч хунă, 30 çул нормине ытла тултарнă.

## Çураки сарăлса пырать

ЭРЕВАН, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Арменин кăнтăр пайĕнчи районĕсенче ăшă кунсем тăраççĕ. Колхозсем иртнĕ çулхинчен икĕ эрне малтан çуркуннехи уй-хир ĕçĕсене тума тытăннă. Арарат айлăмĕнче тырпул акмалли çĕре çемçетсе хатĕрлеççĕ, уйри тырпула шăвармалли каналсене тасатаççĕ, парниксене пахча çимĕç акаççĕ.

Кăçал республикăри колхозсем, çĕнĕ çĕрсене акмалла туса, тĕштырăсем 20.000 гектар нумайрах акса хăвараççĕ.

ЧИМКЕНТ, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Казахстанри Чимкент облаçĕн кăнтăр пайĕнчи колхозсем çуркуннехи уй-хир ĕçĕсене тума тытăннă. Каратас тата Арыс районĕсенче нумай çул ÿсекен курăксем акнă вырăнсене тата кĕртыррисен калчисене апат пама тата сÿрелеме пуçланă. Колхозниксемпе механизаторсем ку ĕçе ик-виç кун хушшинче туса пĕтерме, çапла вара тăпрара нÿрĕ сыхланса юмалла тума тăрăшаççĕ.

## Çĕнĕ культурăсем акма хатĕрленеççĕ

СТАЛИНГРАД. Халиччен типĕ пулнă уй-хирсене шыв илсе пымалли тата уй-хирти тырпула шăвармалли системăсем тунă май Сталинград облаçĕнчи ялхуçалăхĕнче пысăк улшăнусем пулаççĕ. Колхозсем шăварса тăмалли участоксенче çĕнĕ культурăсем акса ÿстерме тытăнаççĕ.

Облаçри колхозсем çĕнĕ культура—хлопчатник нумай пин гектар çине акма пуçлаççĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх иртнĕ тĕле шăварса ÿстерекен хлопчатник ÿстермелли уй-хир талккишĕ нумай пысăкланать. Анатри Атăл, унтан вара Атăлпе енĕ тата Каспи тинĕсĕ çывăхĕнчи айлăм çĕр мамăкĕ ÿстермелли пысăк районсем пулса тăраççĕ.

Облаçри ялхуçалăх управленийĕ Атăлпе енче шăварса тăмалли вырăнсенче сахăр кăшманĕ лартса ÿстерме хатĕрленес тĕлĕшпе ĕçлет. Кунта сахăр кăшманĕнчен вăрлăх çимĕçсем хатĕрлекен предприятисем лартаççĕ.

Кăçал Вăтам Ахтуба, Ленински, Пролейски, Палласово тата Быково районĕсенчи колхозсем малтанхи хут хаклă техникăллă культура—кенаф акаççĕ. Чылай районсенче канатник тата çу нумай паракан культура—кунжут акма палăртнă. Арахис акма пуçлаççĕ.

Халĕ, шыв нумай килсе тăма пуçличчен, колхозсенче çав çĕнĕ культурăсене акса тумалли агротехникăна вĕренеççĕ.

## Шупашкар гидроузелĕн моделĕ

«Труд» хаçат çырса пĕлтернĕ тăрăх, Мускавра, В. Р. Вильямс ячĕпе тăракан шыв хуçалăх инженерĕсене вĕрентсе хатĕрлекен институтра, Каховка гидроэлектростанцийĕн модельне тунă, халĕ Шупашкар гидроузелĕн модельне туса пĕтереççĕ.

Институт лабораторийĕнче модельсене иртнĕ вăхăтри пек йывăçран, бетонран е металран мар, кĕленчерен тăваççĕ. Кун пек модельсенче мĕн пулса иртни витĕр курăнать, çавăнпа сăнавсем тума лайăх.

Каховка гидроэлектростанцийĕнче пулмалли турбинăсен блокĕн виçĕ вариантне сăнаса пăхнă. Сăнав материалĕсене проектсем хатĕрлекен организацисене тата строительствăна панă. Институтăн научнăй сотрудникĕсем сăнавсене гидроэлектростанци ĕçе кĕричченех туса пыраççĕ.

Институтра ытти гидроэлектростанцисен, партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем тăрăх тума палăртнисен, моделĕсене те сăнаса пăхаççĕ.

Пысăк заара Атăл çинчи Шупашкар ГЭС-ĕн пĕтĕм узелĕн модельне туса пĕтереççĕ. Гидроузел пулмалли вырăнта Атăл çырми тата Атăл тĕпĕ мĕнле, модель çинче те çавăн пекех пулать. Виçесене пăхса хăйăр куписем тăваççĕ, вара цементпа хытараççĕ. Çапла Атăл тĕпĕн копийĕ пулса тăрать. Шыв айĕнчи хăйăр тĕмескисем, шыв тарăн тата ăшăх тăракан вырăнсем курăнаççĕ. Çак моделе çывăх кунсенчех ĕçе яраççĕ те сăнавсем тума пуçлаççĕ.

Институт лабораторийĕнче Шупашкар ГЭС-ĕн сооруженийĕсен пĕтĕм комплексне сăнаса пăхаççĕ.

Институтра Сурçĕр Крым тата Кăнтăр Украина каналĕсене тăвакансене пулăшма сăнавсем тума тытăннă. Çав каналсене тата Каховка ГЭС-не тунă çĕре экспедици кайса килнĕ. Вăл унта наукăллă тĕпчевсен результачĕсене тĕрĕслесе пăхнă. СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ А. Н. Костяков ертсе пынипе аслă стройкăсен районĕнчи мелиораци ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕренеççĕ.

## РСФСР-та мала тухнă

Шупашкарти лента тĕртекен фабрика производство планне пур кăтартусем тăрăх та ăнăçлă тултарса пырать. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет президиумĕ фабрика коллективĕ ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартнине пысăка хурса хакларĕç, ăна икĕ хутчен хăйсен куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне памалла турĕç.

РСФСР Çăмăл промышленность министерствине пăхăнса тăракан предприятисем 1952 çулхи IV-мĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, РСФСР Çăмăл промышленность министерствипе ВЦСПС Шупашкарти лента тĕртекен фабрика мала тухнине палăртнă, ăна хăйсен куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне тата пĕрремĕш преми памалла тунă.

## Вăрманти хĕрÿллĕ ĕç

ЙĔПРЕÇ. Мерчĕк вăрман пунктĕнче вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмлă ăмăрту анлăн сарăлса пырать. И. Енжаев моторист, А. Ибатулин, М. Мингалеев, Г. Рябкин, И. Прокопьев лавçăсем ĕç нормине куллен 100—150 процент тултараççĕ.

З. Зайдулин 1939 çултанпа лавçăра ĕçлет. Вăл 56 çулта, çапах та ĕç нормине куллен ирттерсе тултарать. 1952 çулта вăл кашни уйăхри ĕç нормине 124 процент тултарнă.

Чылай стахановецсем агитатор пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем суйлавçăсем патĕнче часах пулаççĕ, партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕпе паллаштараççĕ. Агитаторсем кашни каçах агитпункта пухăнаççĕ. Кунта халĕ хĕрÿллĕ ĕç пырать. Суйлавçăсем, çĕнĕ хаçат-журналсем тата кĕнекесем вулаççĕ, шахматла, шашкăлла выляççĕ, заем облигацийĕсен вылявне тĕрĕслеççĕ. Клубри художествăллă пултарулăх кружокĕ суйлав кунĕ «Сулсем-йĕрсем» ятлă пьеса лартма хатĕрленет.

А. ИВАНОВА.

# Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсем

## Халăхпа пĕрле

— Халăхшăн ĕçлесси, суйлавçăсем шаннине тӳрре кăларасси маншăн чи хисеплĕ тивĕç,— тет Сыпайкасси ял Совет исполкомĕн председателĕ Гурий Федотович Морев юлташ. Чăнах та вăл яланах халăхпа пĕрле, халăх çине таянса ĕçленĕ, колхозсен пуянлăхне ӳстерессишĕн сахал мар тăрăшнă.

Аслă Отечественнăй вăрçăран аманса килсен, вăл пĕр вăхăт хушши фермăсен заведующийĕ, 1945—1947 çулсенче Иштерек ялĕнчи колхоз председателĕ пулса ĕçлет. 1947 çулта ăна ялти ĕççыннисем ял Совет депутачĕ пулма суйлаççĕ, çĕнĕрен суйланă депутатсем вара Гурий Федотовича ял Совет исполкомĕн председателĕ пулма суйлаççĕ. Çав вăхăтранпа вăл ял Советне кĕрекен ялсен культурине ӳстерессишĕн, пĕчĕк колхозсене пĕр колхоза пĕрлештерессишĕн, пысăклатнă колхоза организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетсе пырассишĕн, иртнĕ суйлавра парса хăварнă наказсене чыслăн пурнăçлассишĕн тăрăшать.

Иртнĕ суйлавранпа ял Совечĕ пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ. Пысăклатнă колхозра тырпул тухăçлăхĕ, выльăх-чĕрлĕх шучĕпе тухăçлăхĕ ӳсрĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе ял Советри «Знамя труда» колхоз малта пырать. 1952 çулта кашни сăвакан ĕнерен 1.216 литр сĕт суса илсе, районта пĕрремĕш вырăна йышăннă. Çак колхозри Марфа Алексеевна Яргеева хăйне çирĕплетсе панă 7 ĕнерен кашниннех 1.400-шер литр сĕт суса илнĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланнă колхозниксем ялхуçалăхĕнче тата пысăк çитĕнӳсем тăвассишĕн, кашни гектартан çĕршер пăтран кая мар тĕштырă пухса илмелле тăвассишĕн кĕрешеççĕ. Çуракинче акмалли вăрлăхсене сортласа тасатнă, уя 300 тонна тислĕк кăларнă, 250 гектар çинче юр тытнă, валчасене апат пама 43 тонна минераллă удобрени кӳрсе килнĕ. Колхоз членĕсем агроном И. Семенова ертсе пынипе агротехникăна тăрăшса вĕренеççĕ.

Суйлавçăсем панă наказсене пурнăçласа, ялта çичĕ çул вĕренмелли шкул валли икĕ класлă çурт тунă, шкул тавра карта тытнă, çĕнĕрен пушар деповĕ тунă, пушар хатĕрĕсем тӳяннă, 3 кĕпер, 15 пĕве, çăлсем тунă, йывăçсем лартнă. Колхоз пĕвисенче пулă ĕрчетес ĕçе организациленĕ, колхоз садне 45 гектара çити аслăлатнă, иртнĕ çулта вăл колхоза 50 пин тенке яхăн тупăш панă.

Колхозлă ял çыннисен культурлăхĕ ӳснĕçемĕн ӳссе пырать. Çак кунсенче колхозăн çĕнĕ радиоузелĕ ĕçleme тытăнчĕ. Халĕ 250 килте радио калаçать. Çывăх вăхăтрах ялсене электричество кĕртмелле тăвас ыйту тухса тăчĕ.

Г. Ф. Морев юлташ хăйĕн пĕтĕм пултарулăхне хамăр çĕршывра коммунизм тăвассишĕн паракансенчен пĕри. Çавăнпа Сыпайкасси ялĕнчи ĕççыннисем хăйсен суйлав умĕнхи пухăвĕнче Морев юлташа Сыпайкасси суйлав округĕ тăрăх Пшлей район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

Коммунист Морев юлташ—авторитетлă çын. Вăл парти райкомĕн тата «Знамя труда» колхозри партбюро членĕ.

— Вырăнти Советсене суйламалли кун—февралĕн 22-мĕшĕнче, эпир пурте, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, Гурий Федотович Морев юлташшăн сасăлатпăр,— теççĕ суйлавçăсем.

В. ЧЕРНОВ.

## Талантлă артист

РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ тата Чăваш АССР халăх артисчĕ Борис Алексеевич Алексеев Чăвашсен государство академи театрĕнче 24 çул ĕçлет. Вăл комедисенче те, трагедисенче те, драмăсенче те пĕр пекех пысăк хавхаланупа тата ăста выляять. Роль илсен, вăл чи малтан авторăн тĕп шухăшне, автор çав рольте мĕне кăтартса парасшăн пулнине пĕлме тăрăшать, пьесăра кăтартнă образсене пурнăçра шырать, пьесăри сăнара тĕплĕн çутатса парас тесе илемлĕ литература тата критикăллă статьясем нумай вулать. Кирек хăш роле выляма хатĕрленнĕ чухне те вăл хăйĕн пултарулăхне аталантарма вăй хурать.

Б. А. Алексеев юлташ театр ĕçне ачаранпах юратнă. Хăй ӳснĕ ялта — Шупашкар районĕнчи Паçпакра пурăннă чухне вăл драма кружокĕн ĕçне хастарлă хутшăннă. Шупашкара килсен, вăл театрта вырăсен чаплă писателĕ Н. В. Гоголь произведенийĕ тăрăх лартнă «Вий» спектакле курнă. Ку вăл хулара чи малтан курнă спектакль пулнă. Спектакль ăна килĕшнĕ. Вăл артист пулма шут тытнă, 1929 çулта Шупашкарти театр çумĕнчи студие вĕренме кĕнĕ, унтан 1932 çулта вĕренсе тухнă.

Борис Алексеевич чи малтан вырăс драматургĕ В. Катаев çырнă «Квадратура круга» комедире Васька рольне ăнăçлă вылянипе палăрнă. Çамрăк артист выляни куракансен кăмăлне кайнă.

Унтанпа Б. А. Алексеев нумай рольсене вылянă. Вăл тунă художествăллă образсем чăваш театрĕн историйĕнче, театр ӳсĕмĕнче уйрăмах палăрса тăраççĕ. Театрăн кашни утăмĕ Алексеев юлташăн творчествипе таччăн çыхăнса тăрать.

1947 çулта Чăваш государство академи театрĕн историйĕнче паллă событи пулса иртнĕ. Çак çул театр коллективĕ хăйĕн сцени çинче пĕрремĕш хут Сталинла премин лауреачĕ Н. Погодин çырнă (чăвашла А. Кăлкан куçарнă) «Пăшаллă çын» пьеса тăрăх спектакль лартнă. Çак спектакле лартнине чăваш театрĕ генилле çулпуссен В. И. Ленинпа И. В. Сталин сăнарĕсене малтанхи хут сăнласа кăтартать. Спектакльре В. И. Ленин рольне Алексеев юлташ вылянă. Çак роле выляма вĕренес тĕлĕшпе вăл 1944 çултанпах ĕçленĕ. Икĕ хутчен Мускава кайса, Ленин рольне вылянă М. Штраух артистпа тата кинофильмсенче И. В. Сталин рольне вылянă М. Геловани артистпа курса калаçнă. Опытлă артистсем Ленинпа Сталин сăнарĕсене сăнласа кăтартас пирки хăйсем мĕнле ĕçлени çинчен Борис Алексеевича каласа панă. Алексеев юлташ Мускавра Ленин музейĕнче темиçе хут пулнă. Унта Ленина курнă çынсемпе калаçнă. Ленин çинчен кăтартакан документлă кинокартинăсене пăхнă. «Кремль куранчĕсем» спектакльре В. И. Ленин рольне СССР халăх артисчĕ Грибов мĕнле вылянине курма çӳренĕ.

Мускавран килсен, вăл В. И. Ленин çинчен И. В. Сталин çырнă кĕнекене вуланă, Ленин çинчен М. Горький, В. Маяковский, Н. Крупская, К. Цеткин çырнă произведенисемпе паллашнă. Кунсăр пуçне, вăл Ленин сăмахне çырса илнĕ пластинкăсене итленĕ, Ленин произведенийĕсене нумай вуланă, унăн фотоӳкерчĕкĕсене тимлĕ сăнаса вĕреннĕ.

Генилле çулпуçăн сăнарне тăвас тĕлĕшпе икĕ çул ытла ĕçленĕ хыççăн, вăл 1947 çулхи март уйăхĕнче çак роле пĕрремĕш хут вылянă. Генилле çулпуç образне Борис Алексеевич ăста сăнласа кăтартма пултарнă, ку сăнар спектакль курма пыракансене хытă хумхантарнă.

Б. А. Алексеев юлташ театрта Н. А. Островский «Хурçă мĕнле хĕрнĕ» романĕ тăрăх лартнă спектакльте Павка Корчагин рольне, А. Н. Островский «Суклăх—инкек мар» ятлă пьесинче—Разлюляев рольне, «Аслатиллĕ çумăр» ятлă драминче—Кулигин рольне, «Вăрман» тата «Бальзаминов авланни» комедисенче — Аркашăпа Бальзаминов рольĕсене вылянă. Куракансем вăл М. Горькин «Тĕпĕнче» пьесинчи Алешка рольне, Ф. Павловăн «Ялта» пьесинчи Муççа рольне, «Парсни» спектакльте Мăнкĕрӳ рольне пысăк ăсталăхпа вылянине палăртаççĕ. Борис Алексеевич В. Шекспирăн «Отелло» трагединче—Яго образне, Н. В. Гоголĕн «Ревизор» комедийĕнче — Хлестаков образне лайăх сăнласа кăтартать. Çак рольсем тĕнчери драматургире чи йывăр образсем шутланаççĕ. Çапах та Алексеев юлташ ку сăнарсене пысăк ăсталăхпа кăтартать.

Театрта ĕçleme пуçланăранпа Борис Алексеевич 130 роль ытла вылянă. Вăл — сцена искусствин пур енĕне те чаплă мастер, пултаруллă та талантлă артист.

Чăваш театр искусствинче творчествăллă пысăк çитĕнӳсем тунăшăн Алексеев юлташа 1940 çулта РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ ятне, 1943 çулта—Чăваш АССР халăх артисчĕ ятне панă, 1950 çулта Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ парса наградăланă.

Б. А. Алексеев юлташ обществăллă ĕçе активлă хутшăнать. Вăл 5 çул хушши ĕнтĕ искусство работникĕсен профсоюзĕн облаçри комитечĕн председателĕ пулса ĕçлет. 1950 çулта ăна Шупашкар хула Совечĕн депутатне суйланă. Кăçал каллех Чăвашсен государство академи театрĕн коллективĕ Шупашкар хула Советне депутата суйлама Алексеев юлташа кандидата тăратрĕ. Округри суйлав комиссийĕ унăн кандидатурине регистрацилерĕ.

Суйлавçăсем кăçал та Тăван çĕршывăн шанчăклă ывăлĕшĕн, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕшĕн — Б. А. Алексеев юлташшăн пĕр шухăшлă пулса сасăлĕç.

Л. РОДИОНОВ,
Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ.

## Поселок Совечĕн руководителĕ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Саланчăк суйлав округĕ тăрăх Хĕрлĕ Чутай район Советне депутата суйлама Андрей Иванович Здоров юлташăн кандидатурине регистрациленĕ.

Çак кунсенче Саланчăкри суйлавçăсем кандидатпа тĕл пулчĕç. Пухура тухса каланă К. Лаврентьева, А. Степанов, В. Сидоров юлташсем кандидатăн биографийĕпе тата ĕçĕсемпе тĕплĕн паллаштарса, суйлавçăсене февралĕн 22-мĕшĕнче Здоров кандидатуришĕн сасăлама чĕнчĕç.

А. И. Здоров 1890 çулта Питĕр хулинче, хальхи Ленинградра, рабочи çемйинче çуралнă. Рабочи поселокри шкулта 3 çул вĕреннĕ хыççăн, вăл заводра ĕçleme тытăннă. Унта рабочи пулса ĕçленĕ.

Октябрьти Аслă революци çĕнтерĕ хыççăн Здоров юлташ тĕрлĕ заводсенче ĕçленĕ. 1931 çулта Саланчăкри механизациленĕ вăрман пунктĕнче ĕçleme тытăннă. Вăл 1931—1937 çулсенче механизациленĕ вăрман пунктĕнче завхоз пулса ĕçлеçĕ.

1937—1940 çулсенче вăл механизациленĕ вăрман пункчĕн коммунальнăй хуçалăх начальникĕ пулса ĕçленĕ.

1950 çулта А. И. Здоров юлташа Саланчăк поселок Совечĕн председателĕ пулса ĕçleme суйланă.

Поселок Совечĕ халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана кварталтан квартала ирттерсе тултарать, ĕççыннисене государствăна ялхуçалăх продукчĕсем срокчен парса татма организацилет. Юлашки виçĕ çул хушшинче поселокра çичĕ çул вĕренмелли шкул, больница çурчĕсем, çĕнĕ кӳлĕ тунă.

Андрей Иванович хăйĕн çемйинче 5 коммунист ӳстернĕ. Аслă ывăлĕ —гварди майорĕ Павел Андреевич Аслă Отечественнăй вăрçăра геройсен вилĕмĕпе вилнĕ, Владимир—Совет Çарĕн подполковникĕ, Виктор—Улатăрти эрех завочĕн директорĕ, аслă хĕрĕ,— Антонина Первомайски районĕнчи вăрман хуçалăхĕнче плановик пулса ĕçлет, Вера—Приволжски вăрманпромхозăн ОРС бухгалтерĕ, кĕçĕнни — Валя—поселокри шкулсем тăвакан завод начальникĕ.

В. ШАЛТАЙКИН.

## Участоксенчи комиссисен канашлăвĕ

Çак кунсенче Шупашкар хула Совет исполкомĕпе хулари суйлав комиссийĕ участоксенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсемпе секретарĕсен канашлăвне ирттерчĕç. Канашлура участоксенчи комиссисем çак кунсенче тумалли организациллĕ-техникăллă ĕçсем тата суйлав кунне мĕнле хатĕрленсе ирттересси çинчен тĕплĕн сӳтсе явреç. Докладчиксем тата тухса калакансем уйрăмах суйлавçăсем хăйсене списока кĕртнине тĕрĕслес ĕçе хăвăртрах туса пĕтерме кирлине палăртрĕç.

Хула Совет исполкомĕ участоксенче февралĕн 22-мĕшĕнче буфетсемпе ларексем уçас, ватă суйлавçăсене илсе пыма автомашинăсемпе лавсем уйăрас, концертсем ирттерес, хулари автогранспорт ĕçне лайăх йĕркелес тĕлĕшпе ятарласа решени йышăннă. Кашни участокра виçшер çăмăл автомашина, хăшпĕр участоксенче тата лавсем пулаççĕ. Хулара ирхине 6 сехетрен пуçласа çурçĕрччен автобуссем çӳреççĕ.

ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Политикăллă ĕçе хуçалăхлă ĕçпе тĕрĕс çыхăнтармалла

Куславккари çуртсем тăвакан завод иртнĕ çулта Тăван çĕршыва икĕ пин тăваткал метр чӳхлĕ пурăнмалли çурт туса паман. Продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли плана тултарман пирки государствăна 2.800 пин тенкĕ сиен кӳнĕ. Заводра чĕртаварпа укçа-тенкĕне хуçасăрла тыткалаççĕ.

Завод ĕçĕнчи çак пысăк çитменлĕхсем мĕнрен килеççĕ-ха?

Заводри парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕнче партбюро секретарĕ П. Григорьева юлташ доклачĕ тăрăх тухса калакансем парторганизаци предприятин хуçалăхлă ĕçĕсене мĕнле ертсе пыни çинчен чылай чарăнса тăчĕç.

— Партбюро,— тет А. Мошков юлташ,— хăйĕн решенийĕсене организациллĕ тата политикăллă ĕçсемпе çирĕплетмест. Партбюро тата хуçалăх руководителĕсем уйрăм цехсенчи кăлтăксене çийĕнчех курмаççĕ, юлса пыракан участоксене вăхăтра пулăшу памаççĕ.

Заводри ертсе пыракан кадрсен экономикăллă пĕлĕвĕ çителĕксĕр. Çавăнпа производствăна ертсе пырас ĕçре пысăк çитменлĕхсемпе йăнăшсем пулаççĕ.

Партбюро завод ĕçне пур чухне те витĕр курса тăмасть, ыйтусене тĕрĕс татса памасть. Хăма çуракан цех тикĕс мар ĕçлени çинчен чылайранпа калаçаççĕ. Унăн ĕçĕ çинчен партбюро ларăвĕнче иртнĕ çулхи ноябрьте сӳтсе явнă, решени йышăннă. Анчах цех çав-çавах юлса пырать. Партбюро цех ĕçĕнчи чăн-чăн чăрмавсене шыраса тупма пултарайман.

Партин XIX-мĕш съезчĕ промышленносăн пур отраслĕсенче те ĕç тухăçлăхне ӳстерессi çине тимлĕн пăхмалла, тесе кăтартса пачĕ. Завод дирекцийĕ партин çак кăтартăвне начар пурнăçлать. Иртнĕ çулта ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана тултарман. Ку тĕлĕшпе техникăллă нормировани ĕçне начар йĕркеленĕ. Заводра рабочисем кирлĕ хисепрен нумайрах. Кадрсен пайĕн ĕçĕнче йĕрке çук. 1952 çулта ĕçе 587 çын илнĕ, ĕçрен 490 çын кăларнă. Чылай рабочисене цехран цеха куçарса турткалаççĕ.

Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра: «...халĕ те чылай предприятисем пĕр тикĕс ĕçлемеççĕ, уйăхра туса кăлармалли продукцин çуррине яхăн виççĕмĕш вунăкунлăхра туса кăлараççĕ», терĕ. Çак сăмахсем çуртсем тăвакан завода тӳрремĕнех тивеççĕ. Кунта çакăн пек ĕçлесси йăлана кĕнĕ: малтанхи вунăкунлăхра лăпкăн пурăнаççĕ, иккĕмĕшĕнче—хускалма тытăнаççĕ, виççĕмĕшĕнче—хыпăнса ӳкеççĕ. Тĕп продукцие—пурăнмалли çуртсене — уйăхăн юлашки пайĕнче туса кăлараççĕ. Çакă вăл производство вăйĕсемпе тĕрĕс мар усă курасси патне, рабочисене ĕç хыççăн хăварса ĕçлеттерессi патне илсе пырать. Хăма çуракан цехра, предприятин ĕç йĕркине пăсса, виççĕмĕш смена тунă. Партбюро секретарĕ П. Григорьевăпа завком председателĕ К. Кудряшов юлташсем çемçе-чунлă пулса, çакăн пек йĕркесĕрлĕхсемпе килĕше лараççĕ.

Парторганизацисен задачи—çĕнĕ те усăллă сĕнӳсене пурнăçа кĕртме активлă пулăшасси, кивĕ йĕркесемпе шухăшсене хирĕç хаяррăн кĕрешесси. Заводри партбюро хăшпĕр чухне çав задача çинчен манса каять.

Паллă ĕнтĕ, хуçалăхри ĕçсен ăнăçлăхĕ пĕтĕмпех партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçсенчен килет. Пуху хакланă тăрăх, парти бюровĕпе цехсенчи парторганизацисем политикăллă ĕçе хуçалăхлă ĕçпе çителĕксĕр çыхăнтарса пыраççĕ. Заводра идеологиллĕ ĕç партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă требованисен çӳлĕшĕнче тăмасть.

Партбюро хуçалăхлă ыйтусемпе ытларах вăхăт ирттерсе, рабочисене воспитани парас енĕпе сахал ĕçлет. Воспитани ыйтăвĕсене парти пухăвĕсенче сайра хутра çеç сӳтсе яваççĕ.

Пропаганда ĕçĕнче халĕ партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, И. В. Сталин юлташ съездра каланă сăмаха тата «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» произведение пропагандăласси тĕп вырăн йышăнмалла. Партбюропа цехсенчи парторганизацисем çав документсене рабочисем хушшинче вĕренессине кирлĕ пек йĕркелемен.

Агитациллĕ-массăллă ĕçе идейăпа политика тĕлĕшĕнчен вăйсăр, производствăллă задачăсемпе çыхăнтармасăр туса пыраççĕ. Агитаторсене пулăшса тата тĕрĕслесе тăман пирки вĕсенчен чылайăшĕ ĕçлемест.

Рабочисем валли политикăпа экономика, наукăпа техника, литературăпа искусство ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем сахал ирттереççĕ. Клуб правленийĕпе художествăллă пултарулăх коллективĕ ĕçлемест. Завком вĕсене пулăшу памасть.

Заводра политикăллă-массăллă ĕç вăйсăрри социализмлă ăмăрту кăтартăвĕсенче палăрать. 1952 çулта нормăна вăтам шутпа кашни рабочи 96,8 процент çеç тултарнă, стахановецсен йышĕ 1951 çулхипе танлаштарсан, чакнă.

Партбюропа завком социализмлă ăмăртăва ячĕшĕн кăна ертсе пыраççĕ. Завод Молотов хулинчи çуртсем тăвакан комбинатпа ăмăртать, анчах ăмăрту итогĕсене пĕртте туман. Производствăра малта пыракансен опытне те çителĕксĕр сараççĕ.

Пухура чылай цехсенче ĕç дисциплини хавшани çинчен калакан фактсене илсе кăтартрĕç. Иртнĕ çулта пурĕ 512 хут прогул тунă. Прогульщиксем хушшинче коммунистсем те пур. Цехсенчи парторганизацисемпе агитаторсем çавăн пек киревсĕрлĕхсене хирĕç кĕрешмеççĕ.

Политикăллă-массăллă ĕçе туса пырас, рабочисен производствăллă активлăхне хăпартас ĕçре цехсенчи парторганизацисем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Заводра вĕсем 14 шутланаççĕ. Лайăх ĕçлекен парторганизацисем цех коллективĕсене хавхалантаракан вăй пулса тăнă. Докладчик, гĕслĕхрен, çуртсем тăвакан цехри парторганизаци ĕçне илсе кăтартрĕ. Кунти коммунистсен авангардлă ролĕ производствăра стахановла ĕçленинчен, общеcтвăллă ĕçе активлă хутшăннинчен курăнать.

Пухура çакă палăрчĕ: парти бюровĕ цехсенчи парторганизацисене çителĕксĕр пулăшать, вĕсен опытне тĕпчесе вĕренмест.

Парторганизаци отчетлă тапхăрта партин шалти ĕçĕ çине сахал пăхнă.

Парти вĕренĕвне йĕркелес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Çак ĕçри тĕп çитменлĕх—вĕренĕве тĕрĕслесе тăманни—халĕ те пулса пырать-ха. Çавна пула занятисене пĕр кунтан тепĕр куна куçараççĕ, вĕренекенсем занятисене сиктерсе çӳреççĕ. Пропагандистсем партбюро пулăшăвне туймаççĕ. Чылай коммунистсем кадрсем, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренме тытăнман.

Пуху йышăннă решенире предприятин хуçалăхлă ĕçне тата парторганизацин политикăллă ĕçне лайăхлатмалли мерăсем палăртнă.

Т. ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

КПСС Уставĕ çинчен ирттерекен калаçусем

# Демократиллĕ централизм— партин организациллĕ тĕп принципĕ

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ Ленин—Сталин партийĕн историйĕнче, пĕтĕм тĕнчери революциллĕ юхăм историйĕнче паллă тапхăр пулса тăрать. Съезд партин кĕрешĕвĕпе çĕнтерĕвĕсен итогне турĕ, пирĕн малалла каймалли задачăсемпе плансене палăртса пачĕ. Съездăн пĕтĕм ĕçĕ, унăн мĕнпур историллĕ решенийĕсем Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле ĕçĕнчи идейăсемпе çуталса тăраççĕ. Съезд парти программине улăштарса çырас ĕçе Сталин юлташăн çав генилле ĕçĕнчи тĕп положенисем тăрăх тума йышăнчĕ.

Сталин юлташ кăтартса панисем тăрăх XIX-мĕш съезд партин хальхи тапхăрти тĕп задачисене палăртса пачĕ.

«Халĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тĕп задачисем,—тенĕ партин съездра йышăннă Уставĕнче, — социализмран майĕпен коммунизма куçса пырса, коммунизмлă общество тăвасси, обществăн пурлăхпа культура шайне пĕрмаях хăпартса пырасси, общество членĕсене интернационализм шухăшĕ майлă тата мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемпе тăванла çыхăнусем тытса пурăнас шухăш майлă вĕрентсе воспитани парасси, тăшмансен агрессиллĕ ĕçĕсенчен сыхланма совет Тăван çĕршывăн активлă оборонине пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулать».

Партин XIX-мĕш съездра улăштарса йышăннă Уставĕ Коммунистсен партийĕ çинчен тунă вĕрентĕве И. В. Сталин малалла аталантарнине пурнăçа кĕртет, коммунизм строительствин сталинла программине ăнăçлă пурнăçлама партин кĕрешӳ пултарулăхне, коммунистсен дисциплинине тата пуçарулăхне ӳстерет. Партин шалти пĕтĕм пурнăçĕ мĕнле пулмаллине кăтартса паракан централизмпа демократизм принципĕсене XIX-мĕш съезд йышăннă Уставра коммунизм строительствин çĕнĕ задачисемпе килĕштерсе конкретлă туса панă.

* * *

Коммунизм строительствин çĕнĕ пысăк тата кăткăс задачисем кашни коммунист умне, партин кашни организацийĕ умне тата пысăкрах требованисем кăларса тăратаççĕ. Совет обществин çул кăтартса тата ертсе пыракан вăйĕ пулса тăракан Коммунистсен партийĕ хăйĕн ĕçĕн организациллĕ формисемпе меслечĕсене пĕрмаях лайăхлатса пырать, парти организацийĕсен кĕрешӳ вăйне ӳстерет, массăсемпе çыхăну тытассине çирĕплетет тата анлăлатать, коммунизмшăн кĕрешес ĕçре коммунистсен тата мĕнпур ĕççыннисен активлăхне ӳстерет.

Сталин юлташ хăйĕн ĕçĕсенче организациллĕ руководствăна политикăллă задачăсен çӳлĕшĕ таран ӳстерме кирлине кăтартса панă. Политикăллă тĕрĕс çул йĕр кăтартса панă хыççăн, тет Сталин юлташ, ĕç ăнăçлă пуласси организациллĕ ĕçрен, парти çул-йĕрне пурнăça кĕртессишĕн кĕрешĕве мĕнле организациленинчен, çынсене тĕрĕс суйласа илсе ĕçе лартнинчен, йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тынинчен килет.

Сталин юлташăн çак кăтартăвĕсем тăрăх ĕçлесе, пирĕн парти хăйĕн ĕçĕн формисемпе меслечĕсене, историллĕ конкретлă лару-тăрупа тата парти умĕнче тăракан çĕнĕ задачăсемпе килĕштерсе, пĕрмаях лайăхлатса пырать.

Партин XIX-мĕш съездра йышăннă Уставĕ пирĕн парти XVIII-мĕш съезд хыççăн пухнă питех те пысăк опыта пĕтĕçтерсе панă историллĕ документ пулса тăрать. Унта партин ленинла-сталинла организациллĕ принципĕсене кăтартса панă, партин шалти пурнăçĕн правилисене, ăна организацилемелли формăсене тата коммунизм строительствин хальхи тапхăрĕнчи ĕç меслечĕсене кăтартса панă.

Парти Уставĕнче малтан пуçласа вĕçне çитиччен парти речĕсен пĕрлĕхне—парти вăйĕпе пултарулăхĕн тĕп условине çирĕплетессишĕн, парти членĕн ятне тата вăл Ленин—Сталин ĕçĕшĕн ответлă пулассине ӳстерессишĕн, массăсемпе çыхăну тытассине анлăлатассишĕн сталинла тăрăшни уççăн курăнса тăрать. КПСС Уставĕ парти политикине пурнăçлассишĕн кĕрешес ĕçре кашни парторганизацин пултарулăхĕпе пуçарулăхне, кашни коммунистăн активлăхне тата дисциплинине ӳстерме кирлĕ мĕнпур условисене туса парать.

Ленинпа Сталинăн аслă партийĕ вăл—пĕр шухăшлă çынсен — коммунистсен боевой союзĕ пулса тăрать, вăл парти речĕсем пĕрлĕхлĕ пулнипе, таччăн пĕтĕçнипе тата организованнăй пулнипе палăрса тăрать. Коммунистсен активлăхне ӳстермелли, партире ăнланулă дисциплинăна çирĕплетмелли чи паха услови — демократиллĕ централизмăн ленинла-сталинла принципне вĕçне çитиччен пурнăçлани пулать.

Парти Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен XIX-мĕш съездĕнче тунă отчетлă докладра Г. М. Маленков юлташ çапла каланă:

«Центральнăй Комитет парти организацийĕсем умне тĕп вырăна партин шалти демократине çине тăрсах пурнăçа кĕртсе пырас, критикăпа самокритикăна вăйлатас, çак никĕс çинче парти органĕсен ĕçне партири массăсем тĕрĕслесе тăрассине вăйлатас задача лартрĕ, мĕншĕн тесен вăл пĕтĕм партиллĕ ĕçе вăйлатмалли, парти организацийĕсен тата парти членĕсен активлăхĕпе пултарулăхне вăйлатмалли май пулса тăрать» (ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен партин XIX-мĕш съездне туса панă отчетлă доклад». Госполитиздат, 1952 ç., 84 стр.

Партин çĕнĕ Уставĕн паха уйрăмлăхĕсенчен пĕри вăл—демократиллĕ централизма—партин организациллĕ тытăмĕн ертсе пыракан принципне вĕçне çитиччен кăтартса пани пулать. Парти Уставĕ партин шалти демократине малалла сарса пыма, парти массисен активлăхĕпе пултарулăхне ӳстерме май парать.

Парти Уставĕнче кăтартса панă тăрăх, демократиллĕ централизм çакна пĕлтерет:

а) партин ертсе пыракан органĕсене пурне те, аялтан пуçласа çӳле çитиччен, суйласа лартассине;

б) парти органĕсем хăйсен парторганизацийĕсем умĕнче вăхăтран вăхăта отчет тăвассине;

в) парти дисциплини çирĕп пулмаллине тата сахалтарахăшĕ ытларахăшне пăхăнса тăмаллине;

г) партин аслă органĕсем йышăннă решенисем кĕçĕнрех органсемшĕн пĕр сăмахсăр обязательно пулмаллине пĕлтерет.

* * *

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ рабочи класăн, ĕç хресченĕсен тата ĕçлĕ интеллигенцин пĕрлĕхлĕ централизованнăй организацийĕ, пĕр Уставлă, пĕр программăллă, пĕрлĕхлĕ тактикăллă тата стратегиллĕ организаци пулса тăрать. Организациллĕ, програмăллă тата тактикăллă шухăшсем пĕр пек пулни çĕнĕ сăнарлă марксистла партин питĕ паха уйрăмлăхĕ пулать.

Ленин—Сталин партийĕн демократизмĕпе централизмĕ пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса тăраççĕ, пĕр-пĕрин çумне хушса çырни пулаççĕ.

Пирĕн партин централизмĕ пуринчен малтан партин мĕнпур нумай тĕрлĕ тата нумай енлĕ ĕçĕсене пĕр центртан ертсе пынинче пулать. Партин чи аслă органĕ—съезд, съездсем хушшинчи вăхăтра—партин Центральнăй Комитечĕ пулса тăрать. Партин сахалтарах пайĕ ытларахăшĕн ирĕкне пăхăнма, кĕçĕнрех органсем аслăрах органсене пăхăнса тăма тивĕçлĕ. Çак условисемсĕр, тесе вĕрентет Сталин юлташ, парти чăн-чăн парти пулма, ĕççыннисене коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешес ĕçре ертсе пырас задачăна пурнăçлама пултараймасть.

Централизмăн пĕлтерĕшĕ çакăнта пулать: вăл партие мĕнпур вăйсене коммунизм строительствин ăнăçлăхне татса паракан тĕп участоксене пухма, пĕтĕм вăя пĕр план тăрăх пĕр тĕллеве пăхăнтарма, çĕнĕ условисенче парти организацийĕсен ĕçне хăвăрт çĕнĕлле йĕркелесе яма май парать.

Партири çирĕп дисциплинăсăр пирĕн партин централизмĕ пулма пултараймасть. Ленин—Сталин партийĕ хăйĕн членĕсене яланах партире ăнланулă дисциплинăна çирĕп тытса пыма вĕрентет, мĕншĕн тесен çак условисĕр килĕшӳллĕ тата пĕтĕçсе ĕçлекен парти çинчен сăмах та пулма пултараймасть. Пирĕн партин нумай çулхи ĕçĕсен опычĕ çапла вĕрентет: вăл меньшевиксене, троцкистсене, бухаринецсене, зиновьевецсене, буржуаллă националистсене тата ленинизмăн ытти тăшманĕсене хирĕç таткăн кĕрешсе пыман пулсан, вăл тачă пĕтĕçнĕ тата пĕр шухăшлă организаци пулман пулсан, вăл пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çитĕнӳсем тăвайман пулĕччĕ.

Партипе государство дисциплинине, партин мĕнпур членĕсемшĕн обязательно пулса тăракан дисциплинăна, çирĕппĕн тытса пырасси — коммунистсен паха обязанноçĕсенчен пĕри пулать. «Партипе государство дисциплинине пăсни,—тенĕ Уставра,—питех те киревсĕр ĕç пулса тăрать, партие сиен кӳрет, çавăнпа та дисциплинăна пăсакансем парти ретĕнче пулма тивĕçлĕ мар».

Устав коммунистсен тата парти организацийĕсен организациллĕхне тата дисциплинине ӳстермелли, коммунизм строительствин пысăк задачисене пурнăçлама партин кĕрешӳ пултарулăхне ӳстермелли хăватлă хĕçпăшал пулать.

Уставра парти членĕсен обязанноçĕсем çинчен тĕплĕн каланă. Унта çапла кăтартса панă: парти членĕ партин вăйĕпе хăвачĕн тĕп условийĕ пулса тăракан парти пĕрлĕхне пур майсемпе те сыхламалла; парти решенийĕсене пурнăçа кĕртессишĕн активлă кĕрешекен боец пулмалла; ĕçре кăтартуллă пулмалла, хăй ĕçĕн техникине вĕренсе пĕлмелле, хăйĕн производствăри, ĕçри квалификацине пĕрмаях ӳстерсе пымалла; массăсемпе çыхăнса тăрассине куллен çирĕплетсе пымалла; хăйĕн ăнланулăхне ӳстерес, марксизм-ленинизм никĕсĕсене вĕренсе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлемелле; партипе государство дисциплинине, партин пур членĕсемшĕн те обязательно пулса тăракан дисциплинăна, тытса тăмалла; самокритикăна аялтан килекен критикăна аталантарса пымалла, ĕçри çитменлĕхсене тупса палăртмалла тата вĕсене пĕтерсе пымалла; ĕçри çитменлĕхсем çинчен, вĕсем камран килнине пăхмасăр, партин ертсе пыракан органĕсене, Центральнăй Комитет таранах, пĕлтермелле; парти умĕнче тĕрĕс те тӳрĕ çын пулмалла, тĕрĕслĕхе пытарни

# Çуракине лайăх хатĕрленер

* * *

## Минераллă удобренисем ытларах илмелле

Иртнĕ çулта республикăри колхозсем валли 11.917 тонна минераллă удобрени кӳрсе килнĕччĕ. Нумай колхозсем çав удобренисене вăхăтра илсе турттарчĕç, тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕçре вĕсемпе пĕлсе усă курчĕç. Ишлей, Октябрьски, Çĕрпӳ, Вăрнар районĕсем минераллă удобренисем планран иртерсе илсе вăхăтра турттарчĕç. Çав вăхăтрах Кувакино, Пăрачкав, Шăмăршă районĕсенчи колхозсем минераллă удобренисем пĕр центнер та илмен, илнине те турттарса кайман.

Кăçал та минераллă удобренисем илсе, вĕсене колхозсене хăвăртрах турттарса çитерес ĕçе нумай колхозсем кая хăварса пыраççĕ Районсенчи ялхуçалăх пайĕсем колхозсене удобрени илсе ăна вăхăтра турттарма васкатмаççĕ, минераллă удобренисемпе комплекслă усă курни ытларах усă пани çинчен колхозниксене ăнлантарса памаççĕ. Хăшпĕр колхозсен руководителĕсем азотлă удобренисем кăна илесшĕн, фосфорит çăнăхне тата кали тăварне тивĕçлипех хакламаççĕ. Çакă ĕнтĕ тӳрремĕнех ялхуçалăх пайĕсемпе МТС-сем тата вĕсен агрономĕсем минераллă удобренисемпе усă курмалли йĕркесене колхозсенче кирлĕ пек ăнлантарса паманнине кăтартса парать.

Кăçал пирĕн республикăна минераллă удобренисем иртнĕ çулхинчен икĕ хута яхăн нумайрах панă. Çакă вăл пирĕн партипе правительство колхозсенче тырпул тухăçлăхне вăйлăн ӳстерессишĕн пĕрмаях тăрăшнине кăтартса парать.

Минераллă удобренисемпе республикăри пур колхозсене те тивĕçтерес тесен, халĕ Ялхуçалăх снабжени склачĕсене килсе тăракан удобренисене колхозсен хăвăртрах илсе, çийĕнчех турттарса каймалла. СССР Ялхуçалăх министерстви кăçал çапла тума хушать: хăш облаçсемпе республикăсем минераллă удобренисене вăхăтра турттараççĕ, çав облаçсемпе республикăсене ăна нумайрах, параççĕ. Çавăнпа колхозсен минераллă удобренисем илме васкамалла.

Январь уйăхĕнче Ялхуçалăх снабжени склачĕсенче 2.635 тонна минераллă удобрени пулнă. Çав шутран январь уйăхĕнче колхозсем 1.890 тонна кăна илнĕ. Февраль уйăхĕнче минераллă удобренисем çĕнĕрен 1.650 тонна, март уйăхĕнче 1.535 тонна килмелле. Минераллă удобренисем илме шутлакан колхозсем çав удобренисене халĕ пĕр тăхтаса тăмасăрах килсе илмелле тата çийĕнчех турттарса каймалла.

Хальхи вăхăтра хăшпĕр колхозсем удобренишĕн укçа тӳленĕ те хăпланса ларнă. Анчах вĕсем илнĕ удобрение ялхуçалăх снабжени склачĕсенче тытса тăма нимпе те май çук. Удобренисене складсенчен вăхăтра турттарса кайманни республикăна удобренисем ытларах турттарса килес ĕçре чăрмантарса тăрать.

Çапла Первомайски районĕнчи «Красная поляна» колхозăн Ялхуçалăх снабженийĕн» Йĕпреçри склачĕнче 40 тонна, Канашри складĕнче 20 тонна удобрени выртать. Çавăн пекех Йĕпреç районĕнчи «Путиловка» колхоз та илнĕ удобрение складран турттарса каймасăр нумай выртарать.

Укçа тӳлесе илнĕ удобренисене колхозсем государство склачĕсенчен халех турттарса тухмалла. Ялхуçалăх снабжени кантурĕн районсенчи склачĕсен заведующийĕсем колхозсене удобренисем парса тăмалли йĕркене çирĕп пурнăçласа пымалла.

Складсенче 1953 çулхи çураки валли илсе килнĕ бактериллĕ удобренисем: нитрагин, азотобактер нумай. Районсенчи ялхуçалăх пайĕсем çак удобренисене илмелли плана та колхозсене хăвăртрах çитермелле. Кашни колхоз плана вăхăтра пурнăçланине тĕрĕслесе тăни кирлĕ.

1953 çулта республикăри колхозсем валли тĕрлĕрен ялхуçалăх машинисем, выльăх-чĕрлĕх фермисенче апат хатĕрлесе памалли машинăсем иртнĕ çулхинчен нумай ытларах илсе килеççĕ. Кормозапарниксем иртнĕ çулта 96 килнĕ пулсан, кăçал вĕсем 370 килмелле. Çĕрулми çумалли, турамалли, вĕтетмелли машинăсем те чылай килеççĕ.

Трактор плугĕсем, комбайнсем, сложнăй молотилкăсем çĕнĕрен килмеллине шута илмесĕр, кăçал республикăри МТС-сене çĕнĕрен 3.800 машина илсе килмелле. Укçа-тенкĕпе шутласан, ку вăл 5 миллион тенкĕлĕх ытла пулать.

МТС-сене кăçал халиччен пирĕн патăрта пулман машинăсем те чылай килеççĕ. Сăмахран, зерносушилкăсем, ансăр ретпе акакан трактор сеялкисем, кантăр вырмалли, утă, улăм, кĕлте капанĕсем тумалли машинăсем тата ытти те.

Çав машинăсемпе туллин усă курма МТС-семпе колхозсен тĕплĕн хатĕрленмелле, производствăллă плансене тунă чухне çĕр ĕçне механизацилес задачăна тĕп вырăна хумалла.

**К. КОСТИН,**
Ялхуçалăх снабжени Чăваш кантурĕн управляющийĕ.

## Обязательствăсене чыслăн пурнăçлатпăр

ПĂРАЧКАВ. МТС коллективĕ ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйламалли куна тракторсемпе ялхуçалăх машинисем юсамалли плана тултарнипе кĕтсе илме хатĕрленет. Февралĕн 10-мĕшĕ тĕлне МТС механизаторĕсем «СТЗ-ХТЗ» тракторсем 40, СТЗ-НАТИ тракторсем 5, «ДТ-54» тракторсем 3 юсарĕç. Суйлав кунĕ тĕлне 17 комбайн, 34 сеялка, 52 плуг, 31 культиватор юсама обязательство илнĕччĕ. Паянхи куна 17 комбайн, 29 сеялка, 52 плуг, 30 культиватор юсанă. Механизаторсем ĕçре паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Социализмлă ăмăртура К. Петрушков бригадир ертсе пыракан моторсем юсакан узел малта пырать.

И. Николаев тата С. Орлов бригадирсем вентиляторсемпе муфтăсен çыхăнăвне юсакан узелта ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсен узелĕ тăрăх тракторсем юсамалли плана срокчен тултарчĕç.

Тракторсем юсаса пĕтерес ĕçре пире Канашри моторсем юсакан завод пысăк чăрмав кӳрет. Заводра «ДТ-54» трактор двигателĕн пайĕсене юсас ĕçе тăсса пыраççĕ. Çавна пула «ДТ-54» маркăллă 11 трактора мастерскойран кăлараймастпăр. Ĕç чарăнса ан тăтăр тесе, çав тракторсен ытти пайĕсене юсама эпир çĕнĕрен 4 группа турăмăр. Çĕнĕрен организациленĕ группăсенчи механизаторсем те трактор пайĕсене юсас ĕçре паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Социализмлă ăмăртура кунта комсомолец А. Рязанов ертсе пыракан группа малта пырать. Унăн группи «ДТ-54» тракторсен пур пайĕсене те, двигательсĕр пуçне, юсаса пĕтерчĕ.

**М. САЧИН,**
МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ.

## Ĕç хăвăртлăхĕ ӳсет

Сĕнтĕр МТС-ĕ февралĕн 10-мĕшĕ тĕлне тракторсем юсамалли плана 83 процент, вăл шутра капитальнăй ĕçсен планне 88 процент тултарчĕ.

Тракторсемпе ялхуçалăх машинисем юсас ĕçе эпир узловой меслетпе йĕркелерĕмĕр. Механизаторсенчен кашниех хăйсене çирĕплетнĕ узелсенче машинăсен пайĕсене, пур тракторсемпе ытти машинăсене те суйлав кунĕ тĕлне юсаса пĕтерессишĕн пĕтĕм вăйран тăрăшаççĕ.

Çак кунсенче профсоюз организацийĕн МТС-ри комитечĕ механизаторсен социализмлă ăмăртăвĕн малтанхи итогне турĕ. Социализмлă ăмăртура М. Пузырева, П. Наумов, П. Ермолаев, В. Лаврентьев бригадирсем, Е. Вастрюкова трактористка, Г. Редькин токарь, В. Амосов слесарь, А. Морозов тимĕрçĕ мала тухнине палăртнă. Вĕсем пурте сменăри задание 120—130 процент пурнăçласа пыраççĕ.

Юсавра, çавăн пекех, И. Осипов, А. Карпов, Г. Маринкин механиксем лайăх ĕçлеççĕ И. Кошкин, Наумов тата Колесников юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисем ялхуçалăх машинисене пурне те юсаса лартнă.

МТС дирекцийĕ трактор бригадисене çирĕплетрĕ. Кăçал ĕçе çĕнĕрен 10 трактор хутшăнать. Çав тракторсемпе ĕçлеме Етĕрнери механизаци шкулĕнче вĕренекенсенчен суйласа лартмалла пулать. Механизаци шкулĕнче кăçал Сĕнтĕр районĕнчи колхозсенчен 45 çын вĕренет.

А. Патушкин юлташ ертсе пыракан трактор бригади колхозсем валли минераллă удобренисем турттарса пама тытăнчĕ. Иртнĕ кунсенче кăна бригада Шупашкар чугун çул станцийĕнчен районти колхозсене 42 тонна минераллă удобрени кӳрсе панă тата колхозсен уй-хирне 75 тонна тислĕк турттарса кăларнă.

П. Петров юлташ ертсе пыракан трактор бригади колхозсен уйĕсенче юр тытса хăварас тĕлĕшпе ĕçлеме пуçларĕ.

Хĕллехи вăхăтра МТС машинисемпе «Аврора», «Прожектор», «Гвардия», «Передовик», Ворошилов ячĕпе, Каганович ячĕпе тăракан колхозсене улăм тураса панă.

МТС коллективĕ ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйламалли куна çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитнипе паллă тăвасшăн кĕрешет.

**А. ВЯЗОВ,**
Сĕнтĕр МТС-ĕн директорĕ.

## Ĕç вăйланса пырать

КОМСОМОЛЬСКИ. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем вăрман касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли плана январĕн малтанхи кунĕсенчех тултарчĕç. Колхозниксемпе колхозницăсем хальхи вăхăтра 1953 çулти çуракине ăнăçлă иртерме хатĕрленеççĕ.

Колхоз кăçалхи çул, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, минераллă удобренисем нумайрах туянать. Паянхи куна колхоза 37 тонна минераллă удобрени турттарса килнĕ. ВЛКСМ комитечĕ комсомолецсемпе çамрăксен вăйĕпе уй-хирте юр тытса хăварать, вырăнти удобренисем пуçтарать, хире тислĕк турттарса кăларать.

Çуракине хатĕрленес ĕçре бригадăсем социализмлă ăмăрту сарса ячĕç. Комсомолец В. Ананьев ертсе пыракан уй-хир бригади ăмăртура уйрăмах паха тĕслĕхсем кăтартать. Ку бригадăри А. Павлов, А. Краснов, А. Сидоров çамрăксем куллен тислĕк турттараççĕ. Çĕнĕ çула кĕнĕренпе колхоз уй-хире 1.200 лав тислĕк кăларнă.

**Л. ТАЛЛЕРОВ.**

*Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри стахановецсем*

## Стахановка Ольга Курбатова

Цехри контролер Вера Рябчикова халĕ çеç туса кăларнă детальсене тĕрĕслет. Акă вăл Ольга Курбатова станокĕ патне пычĕ.

— Ольга туса хатĕрленĕ детальсене тĕрĕслемесĕр ярсан та йăнăшмастăп,— терĕ Вера юлташне. Хăйĕн сăмахĕсен тĕрĕс пулнине çирĕплетес тесе, вăл темиçе детале пăхса тухрĕ те ОТК штампне лартрĕ.

Чӳрече патĕнчи пысăк мар станок. Ӳменче тăпăл-тăпăл кĕлеткеллĕ чăваш хĕрĕ ĕçлет. Нумайăшĕ рабочисем пысăк станоксемпе ĕçленине курма хăнăхнă. Ольга Курбатова станокĕ пĕчĕкçĕ, вылямалли япала пек çеç.

— ...Станок моторĕ тикĕс сасăпа кĕрлесе хăвăрт çаврăнать. Ольгăн çупа вараланнă аллисем хăвăрт [illegible].

Вăл умри детальсене илет те, асăрхаса юлма çук хăвăртлăхпа сверлă айне хурать. Çав вăхăтрах сылтăм алли, станок ручкине кăшт çеç сĕртĕнсе, аялалла çăмăллăн пусать. Пĕчĕк çеç пăра детале хăвăрт шăтарса кĕрет. Ун хыççăн деталь тепĕр работница патне каять. Пĕр рабочирен теприн патне куçиччен деталь контролер алли витĕр тухать.

Ольга станока хăнăхса çитнине, хăйĕн ĕçне лайăх пĕлнине пĕрре пăхсах курма пулать. Унăн хусканăвĕсем вырăнлă. Вăл минутна кăна мар, кашни секундна тĕрĕс усă курать.

— Мĕн калас-ши манăн хам ĕçĕм çинчен?—тет Ольга Курбатова кăшт именерех.—Ыттисем пекех ĕçлетĕп, нормăна ытлашшипех тултаратăп. Ытах пĕлес килсен, цех начальникĕнчен е мастертан ыйтăр. Контролерсем те каласа пама пултараççĕ.

— Эпĕ Ольга Игнатьевнăна вунă çула яхăн пĕлетĕп,—терĕ цехри парторганизаци секретарĕ, ватă мастер Николай Иванович Кириллов.—Вăл пирĕн завода ФЗО шкулĕнчен 1943 çулта килнĕ. Пусаруллă хĕр: Лайăх ĕçне çеç калама пултаратăп.

Иртнĕ çулта Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завода коммунизм аслă стройкисенчен çĕнĕ заказсем килнĕ. Çав заказсем заводри рабочисене хавхалантарнă, çав вăхăтрах вĕсен ответлăхне те ӳстернĕ. Пĕррехинче, смена пĕтсен, цехра пуху пулнă. Унта рабочисене çĕнĕ хыпар каласа панă, ответлă заказа чыслăн пурнăçласси çинчен хĕрӳллĕн сӳтсе явнă.

— Ăмăртатпăр-и?—ыйтнă Ольга Женя Павловăран.

Павлова унпа килĕшнĕ. Икĕ хĕр хушшинче ĕçре мала тухассишĕн ăмăрту пуçланнă. Ольга малтанхи уйăхра нормăна 123 процент тултарнă, Женя кăштах ытларах—125 процент пунă. Тепĕр уйăхра Курбатова 125,8 процента çитернĕ, Женя кăлех унтан мала тухнă. Виççĕмĕш уйăхра Женя Павлова юлса пыма пуçланă. Ольга Женьăна хăй пекех тухăçлă ĕçлеме пулăшнă.

Ольга Курбатова станока, технологи процесне лайăх пĕлет. Апла пулин те тăтăшах вĕренет. Унăн станокĕ яланах ĕçлеме хатĕр, кирек хăçан та пĕр кăлтăксăр ĕçлет. Ирхине, смена пуçланиччен вăл малтан цеха пырса, станочница паян мĕн тумаллине, технологи карттине паллашать, станока тĕплĕн тĕрĕслет, тасатса çу сĕрет. Кăштах кăлтăк пулнине асăрхасан мастера систерет. Унăн сменщици Женя Павлова та, Ольга пекех, станока яланах юсавлă тытма хăнăхса çитнĕ. Вĕсен станокĕ çуллен талăк ытла пĕр чарăнмасăр ĕçлет.

Ĕç вăхăтĕнче Курбатова нихçан та цех тăрăх инструментсем е деталь тумалли материал шыраса çӳремест. Вăл вĕсене смена пуçланиччен хатĕрлесе хурать, ал айĕнче тытать.

Иртнĕ çул Ольгăн чи паллă та асра юлакан çулсенчен пĕри пулчĕ. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе паллашсан, вăл тата тухăçлăрах ĕçлеме сăмах пачĕ. Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче вăл ĕç нормине 197 процент тултарнă, кăçалхи январьте тата пысăк çитĕнӳ тунă.

Ĕç тухăçлăхне ӳстерме пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлени, çирĕп туслăх, малта пыракансен опычĕпе усă курни пулăшать. Ольга юлташĕсемпе туслă пурăнать. Цехри пур работницисем те ăна хисеплеççĕ, çамрăксем унтан ĕçлеме вĕренеççĕ.

Нумаях пулмасть коммунизм стройкисен заказĕсене чыслă пурнăçланăшăн заводри тăватă çынна орденсемпе медальсемпе наградăларĕç. Вĕсен шутĕнче Ольга Курбатова та пур.

— Правительство наградине мана тата тухăçлăрах ĕçлеме, продукци пахалăхне лайăхлатма хавхалантарать. Çĕршыв награди—ĕçри квалификацие ӳстерме, наукăпа техника çитĕнӳĕсене тĕплĕ тăма хушать. Эпĕ пиллĕкмĕш çĕнĕ пилĕкçуллăхри ĕç нормине виçĕ çул çурăра тултарма сăмах патăм. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пирĕн валли тухăçлă ĕçлеме, тулăх пурнăçпа пурăнма мĕн кирлине пурне те туса парать. Съезд материалĕсене вуласан пирĕн пурнăç çав тери хăвăрт чечекленсе пынине куратăп. Епле ĕçлес килмĕ-ха çакăн пек вăхăтра? Çĕршыва коммунизм стройкисемпе пулăшса пырассăн. Пирĕн кирек мĕнле усăллă ĕç туни те коммунизм тума пулăшать,—тет стахановка.

Ольга Курбатова сăмахĕсем—чĕререн калана сăмахсем. Çавăн пек шухăшлаççĕ ĕнтĕ совет патриочĕсем.

**И. ГРИГОРЬЕВ.**

## Лайăх ĕçлекен промартель

КУСЛАВККА. «Прогресс» промартель коллективĕ иртнĕ çулталăкри плана иртерсе тултарнă тата планран иртерсе 22 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Коллектив кăçал тата тухăçлăрах ĕçлет. Январь уйăхĕн плана 110 процент тултарнă. Социализмлă ăмăртура Куславккари çĕвĕ ĕçлекен цех малта пырать.

Промартельте ĕçлекенсем вырăнти Советсене суйлавĕ ячĕпе тухăçлă вахтăна тăнă. Вĕсем суйлав куне тĕлне икĕ уйăхри плана иртерсе тултарассишĕн кĕрешеççĕ.

**Н. АНИСИМОВ.**

Юлашки почтăран

## Хăйĕн задачине тĕрĕс мар ăнланнă

Шăхасан районĕнчи «Вăйлă тырпулшăн» хаçат (редакторĕ В. Иванов юлташ) январĕн 29-мĕшĕнче пичетленĕ умстатьяра районти пуçламăш парторганизацисене, агитаторсемпе доверенăйсене коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн витĕмлĕ сăмахсемпе агитацилеме чĕнчĕ.

Унтанпа районти агитаторсен нумайăшĕ çарĕ суйлав умĕнхи массăллă агитацилĕ ĕçре пысăк çитĕнӳсем турĕ. Анчах «Вăйлă тырпулшăн» хаçат хăйĕн хисеплĕ тивĕçне—кандидатсемшĕн агитацилессине—мĕнле пурнăçа кĕртсе пырать-ха?

Хаçатăн февралĕн 1, 5, 8-мĕш кунĕсенче кăларнă номерĕсене тишкерсе тухăпăр. Февралĕн 1-мĕшĕнче тухнă номерте хаçат суйлавçăсене ĕçсынни депутачĕсен ял Совечĕсене депутата суйлама тăратнă кандидатсемпе паллаштарас тĕллев лартнă. Анчах та çак пархатарлă тĕллев пурнăçланмасăр юлнă. Ку номере Ушанар, Матьшӳ, Ухман, Çĕнĕ Мами, Анат Вăрманъял, Туçи Çармăс, Троицк ял Совечĕсене депутата суйлама регистрациленĕ кандидатсен списокĕсемпе тултарса лартнă.

Паллах, район хаçачĕн пĕр номерĕнче вырăнти Советсене депутата суйлама регистрациленĕ 104 кандидат пурнăçĕпе ĕçĕ çинчен тивĕçлĕ паллаштарма, вĕсемшĕн витĕмлĕ агитацилеме май çук.

Хаçатăн февралĕн 5-мĕшпе 8-мĕшĕнче тухнă номерĕсем пирки те çакнах калама тивет. Ку номерсенче ял Совечĕсене депутата суйлама регистрациленĕ 195 кандидатăн биографийĕпе паллаштарма пикеннĕ.

Ĕçсынни депутачĕсен ял Совечĕсене депутата суйлама регистрациленĕ кандидатсен списокĕпе хаçат страницисене тултарса лартни вырăнсăр. Çав списоксем колхозсенче, учрежденисенче тата предприятисенче тухса тăракан стена хаçачĕсенче çырса кăларсан та çителĕклĕ.

Районти хаçатăн тивĕçĕ—коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсен пурнăçĕпе ĕçне анлăн кăтартса парасси: Кандидатсен пурнăçĕпе ĕçĕсене çутатнă материалсенче пирĕн суйлавçăсем совет государствин вăй-хăватне, совет халăхĕн пысăк çитĕнĕвĕсене, халăхăн моралĕ-политикăллă пĕрлĕхне, пирĕн халăх коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн, миршĕн пĕтĕм вăй-хăватне парса ĕçленине курма пултарччăр.

## Рационализаторла паха сĕнӳсем

Улатăрти пăравуссем юсакан завод коллективĕ кăçал рационализаторла 35 сĕнӳ пурнăçлама обязательство илнĕ. Çав сĕнӳсене пурнăçлани завода çулталăкра 130 пин тенкĕ укçа перекетлеме пулăшмалла. Иртнĕ январь уйăхĕнче пилĕк сĕнӳрен виçĕ сĕнĕве пурнăçланă.

Лайăх та хаклă сĕнӳсенчен Н. Яковлев слесарь панă сĕнĕве палăртмалла. Вăл панă сĕнӳ çулталăкра 13 пин тенкĕ укçа перекетлеме май парать. Аста рабочие 500 тенкĕ укçа парса премиленĕ.

А. Илюшин инженер механически цехри цилиндрсене якатмалли станока лайăххах ĕçлеттермелли май тупнă. Çак сĕнĕве пурнăçлани ĕçе халиччен хинчен 7 сехет хăвăртрах тума май парать.

Халĕ Илюшин юлташ штампламалли станока сĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçлет.

Литейнăй цехра И. Артомонов слесарь кашни çул пĕрер тонна тĕслĕ металл перекетлеме май паракан паха сĕнӳ панă.

**«СТАХАНОВЕЦ» хаçатран.**

тата пăсса кăтартни пулмалла мар; партипе государство вăрттăнлăхне тытса тămалла; политика тĕлĕшпе сыхă пулмалла; парти хушнă кирек хăш ĕçре те кадрсене вĕсен политикăлла тата ĕçлĕ пахалăхне кура тĕрĕс суйласа илесси çинчен парти кăтартса панисене çирĕп пурнăçа кĕртсе пымалла.

Çак тивĕçсене вĕçне çитиччен пурнăçлани парти членĕн ятне тата çӳлерех çĕклет, парти организацийĕсен тата кашни уйрăм коммунистăн ĕçе организацилесе ертсе пырас рольне тата ытларах вăйлатать.

* * *

Коммунистсен партийĕн централизмĕ вăл унăн мĕнпур организацисен пуçаруллăхĕпе пултарулăхне ӳстерессипе, партин шалти демократине туллин пурнăçласа пынă никĕс çинче парти пурнăçне пур коммунистсем те активлă хутшăнтарассипе тачă çыхăнса тăрать. В. И. Ленин çапла çырнă: «партин мĕнпур ĕçĕсене, тӳррĕнех е представительсем урлă, пĕр тан правăсемпе тата никама сиктермесĕр партин пур членĕсем те туса пыраççĕ; çавăнпа пĕрлех мĕнпур должноçлă çынсем, мĕнпур ертсе пыракан коллегисем, партин мĕнпур учрежденийĕсем—суйласа лартнăскерсем пулаççĕ, отчет параççĕ, улшăнса тăраççĕ» (Соч. 11 том, 396 стр.).

Партин шалти демократийĕ коммунистсен, парти организацийĕсен анлă пуçарулăхне ӳстерме, дисциплинăна çирĕплетме май парать. «Партин шалти демократийĕ,—тесе вĕрентет Сталин юлташ,—парти массисен активлăхне ӳстерни тата парти пĕрлĕхне çирĕплетни, партире пролетарилле ăнланулă дисциплинăна çирĕплетни пулать» (Соч., 8 том, 145—146 стр.).

Партин шалти демократине туллин пурнăçласа пынă никĕс çинче пирĕн парти коммунизм строительствин ыйтăвĕсене сӳтсе явас тата татса парас ĕçе коммунистсене анлăн хутшăнтарать, вĕсене партире хăйсем хуçа пулнине туйса тăма вĕрентет. Парти массисен активлăхне ӳстерес тĕллевпе Устав кашни коммуниста парти пухăвĕсенче, пичетре парти политикин ыйтăвĕсене сӳтсе явнă çĕре хутшăнма, парти органĕсене суйланма, партин кирек хăш инстанцине те заявленипе çитме, коммунист çинчен ыйту сӳтсе явнă чухне унта хăйне чĕнтерме требовани лартма, партин кирек хăш работникне те критиклеме право парать.

Партин политикипе практикăллă ĕçĕсем çинчен коммунистсем ĕçлĕн сӳтсе явни, критикăпа самокритикăна анлăн сарса яни шанса панă ĕçшĕн руководительсен, çавăн пекех партин рядовой членĕсен ответлăхне ӳстерет. Партин шалти демократи никĕсĕ çинче Коммунистсен партийĕ парти дисциплинине чăн-чăн ăнланулла, хурçă пек çирĕп дисциплина туса хурать. Партин шалти демократийĕ руководительсене массăсем пухнă опыта вĕренсе алла илме май парать, çĕнĕ активлă работниксем, çĕнĕ руководительсем ӳстерсе çитĕнтермелли условисем туса парать.

Парти коммунистсене партин активлă ĕçне хутшăнтарнипе парти пурнăçĕн шайне ӳстерет, хăйĕн членĕсене активлă роль йышăнтарать, парти организацийĕсен кĕрешӳ вăйне пысăклатать.

Партин шалти демократи никĕсĕсене пăсни пурĕ-пĕрех партиллĕ ĕçе йăвашлатасси патне, коммунистсен активлăхне чакарасси патне, парти органĕсен руководителĕсем парти массисемпе тĕрĕс çыхăну тытассине пăсасси патне илсе пырать. Енитерес меслете администрацилес меслетпе улăштарни, тесе вĕрентет Сталин юлташ, «пултарулăх организацийĕсем пуласа тăракан пирĕн парти организацийĕсене канцелярилле пушă учрежденисем туса хурас хăрушлăх кăларса тăратать» (Соч., 10 том, 332 стр.). Ун пек чухне парти комитечĕсем коммунистсен тĕрĕслесе тăрасран пăрăнса каяççĕ, парти органĕсем парти членĕсемпе çыхăну тытассине пăсалать.

Коммунистсен партийĕ партин шалти демократи никĕсĕсене пăснă фактсене хирĕç татăклăн кĕрешет. Парти Уставĕнче партин шалти демократине туллин пурнăçласа пыма кирлине уйрăмах вăйлă палăртса хăварнă, парти органĕсен отчечĕсемпе суйлавĕсене, парти комитечĕсен пленумĕсене иртермелли сроксене кăтартса панă. Партин шалти демократи никĕсĕ çинче çеç критикăпа самокритикăна сарса яма, парти дисциплинине çирĕплетме пулать.

* * *

Пирĕн партин демократизмĕ партин ертсе пыракан органĕсене туса хурас йĕркере тата вĕсем парти массисене отчет парса тăнинче уйрăмах уççăн палăрать. Партин ертсе пыракан органĕсене суйласа лартаççĕ тата вĕсем отчет парса тăраççĕ. Партин кашни комитечĕ хăйĕн ĕçĕшĕн партин çӳлте тăракан органĕсем умĕнче кăна мар, çавăн пекех ăна суйланă коммунистсем умĕнче те ответ тытать.

Парти пурнăçĕнче конференцисем, пленумсем тата пуçламăш организацисенчи парти пухăвĕсем тăтăшах иртерни питех те пысăк вырăн йышăнса тăрать. Пухусем Ленин—Сталин партийĕн членĕсен активлăхне ӳстермелли, мĕнпур политикăллă ыйтусене сӳтсе явас ĕçе хутшăнтармалли, коммунистсене партире хăйсем хуçа пулнине туйса тăма вĕрентмелли тата шанса панă ĕçшĕн вĕсен ответлăхне ӳстермелли паха май пулса тăрать.

Парторганизацисен отчетпа суйлав пухăвĕсенче, парти конференцийĕсенче коммунистсем отчетсем итлеççĕ, критикăпа самокритикăна сарса яраççĕ, партин ертсе пыракан тивĕçлĕ органĕсене суйлаççĕ кăна мар, çавăнпа пĕрлех парторганизаци руководителĕсене çав решенисене пурнăçлама хушакан решенисем йышăнаççĕ. Çакă парти членĕсем хăйсен руководителĕсене тĕрĕслемелли формăсенчен пĕри пулать.

ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн февральпе мартри пленумĕнче Сталин юлташ çапла каланă: «Парти массисем хăйсен руководителĕсене активсенче, конференцисенче, съездсенче вĕсен отчечĕсене итленипе, çитменлĕхсене критикленипе, юлашкинчен, ертсе пыракан ку е вăл юлташсене ертсе пыракан органсене суйланипе е суйламаннипе тĕрĕслеççĕ. Пирĕн партин уставĕ хушнă пек, партире демократиллĕ централизма тĕрĕс пурнăçласа пыни, парти органĕсене пурне те суйласа лартни, кандидатсем тăратмалли тата кандидатсене сирсе ямалли право, вăрттăн сасăлани, критикăпа самокритика ирĕклĕхĕ—çаксене тата вĕсем пек ытти ĕçсене пурнăçласа пыни, çав хушăрах, парти массисем парти руководителĕсене тĕрĕслесе тата контроллесе тăрассине çăмăллатма кирлĕ» (ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн Партиздачĕ, 1937 ç., 36—37 стр.).

Парти комитечĕсен пленумĕсене, парти активĕн пухăвĕсене тата пуçламăш парторганизацисенче коммунистсен пухăвĕсене тăтăшах иртерессине парти питех те пысăк вырăна хурать. Вĕсем парти членĕсен активлăхĕпе ăнланулăхне ӳстерес ĕçре питĕ паха вырăн йышăнаççĕ, вĕсене пĕр боевой лагере пĕтĕçтереççĕ.

Парти пухăвĕсенче тата парти комитечĕсен пленумĕсенче парторганизаци пурнăçĕпе ĕçĕсен нумай енлĕ ыйтăвĕсем çинчен, заводсемпе фабрикăсенче, колхозсемпе совхозсенче, совет учрежденийĕсемпе шкулсенче ĕçсем мĕнле пыни çинчен сӳтсе яваççĕ. Вĕсенче кашни коммунист хăйĕн шухăшĕсене пĕлтерме, сĕнӳсем пама, партин кирек хăш работникне те критиклеме, çитменлĕхсене кăтартса пама пултарать. Сӳтсе явнă ыйтусем тăрăх йышăнакан решенисем коллективлă творчествăн ĕçĕ пулаççĕ. Самокритикăна тата аялтан килекен критикăна сарса ярасси, ĕçри çитменлĕхсене тупса палăртасси тата вĕсене пĕтересси, шавлăн мухтанса, лăпланса пурăннине тата тимсĕрлĕхе хирĕç кĕрешесси—парти членĕн чи пысăк тивĕçĕсенчен пĕри. Коммунист организацире ĕç япăх тăнине партирен пытарма, партипе государство интересĕсене сиен кӳрекен тĕрĕс мар ĕçсенчен пăрăнса иртме пултараймасть. Парти членне çак тивĕçе пурнăçлама чăрмантаракан çынна, парти ирĕкне пăсакан вырăнне хурса, çирĕп ответ тыттармалла.

«Парти, большевиксем, пирĕн çĕршыври тӳрĕ кăмăллă мĕнпур рабочисем тата ĕçсыннисем,—тет Сталин юлташ,—пирĕн ĕçри çитменлĕхсене, пирĕн строительствăри çитменлĕхсене тупса палăртчăр, пирĕн ĕçре тата пирĕн строительствăра чарăнса тăни, лачакалăх, çĕрсе пыни ан пултăр тесе, пирĕн пĕтĕм ĕç, пирĕн пĕтĕм строительство кунран-кун лайăхлантăр тата пĕр çитĕнӳрен тепĕр çитĕнӳ патне пытăр тесе, вĕсем пирĕн çитменлĕхсене пĕтермелли çулсене палăртчăр» (Соч., 11 том, 30 стр.).

Критикăна хĕсни тӳсме çук киревсĕр ĕç пулса тăрать, тенĕ парти Уставĕнче. Критикăна путаракан, ун вырăнне шавлăн мухтанакан çын парти ретĕнче тăма пултараймасть.

Партин шалти анлă демократине пирĕн парти туллин пурнăçласа пырать, коммунистсене яланах партин активлă пурнăçне, партин практикăллă ĕç ыйтăвĕсене сӳтсе явма хутшăнтарать. Решени йышăннă хыççăн вара партин мĕнпур членĕсем çав решенисене пурнăçлассишĕн кĕрешме тивĕçлĕ. Коллегиллĕхĕн пĕлтерĕшĕ парти решенийĕсене коллективлăн туса хатĕрлениче кăна мар, çавăнпа пĕрлех вĕсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм коллектив хастарлăн ĕçленинче пулать. Çавăнпа пĕрлех вăл хушнă ĕçшĕн кашни çын уйрăммăн ответлă пулнине палăртать.

Коммунистсен партийĕ хăйĕн членĕсене пуриччен малтан унăн кăтартăвĕсене пурнăçлассишĕн хĕрӳллĕн ĕçлеме хушать. «Ленинизм,—тет Сталин юлташ,—çапла вĕрентет: пролетариат партийĕн интересĕсем парти политикин ыйтăвĕсене ăнланулăн сӳтсе явма, парти массисене парти руководстви çине ăнланулăн пăхма, партин çитменлĕхĕсене критиклеме, унăн йăнăшĕсене критиклеме хушаççĕ. Анчах ленинизм çавăнпа пĕрлех çапла тума хушать: парти решенийĕсене партин ертсе пыракан органĕсем йышăннă тата ырланă пулсан вăл решенисене партин мĕнпур членĕсем пĕр сăмахсăр пурнăçласа пымалла» (Соч., 10 том, 78—79 стр.).

Парти решенийĕсене тĕрĕс пурнăçлассишĕн кĕрешесси — коммунистсен паха тивĕçĕсенчен пĕри.

Партин XIX-мĕш съезчĕ пирĕн çĕршывăн производительнăй вăйĕсене аталантармалли чаплă программăна палăртса хучĕ. Съезд панă директивăсенче çĕнĕ пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисене кăтартса панă. Çав план тăрăх промышленноçа, транспорта, социализмлă ялхуçалăхне питĕ вăйлă аталантарма, совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне ӳстерме палăртнă.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантарасси çинчен йышăннă решенисем совет халăхĕн интересĕсемпе килĕшсе тăраççĕ Вĕсем массăсен творчествăллă пуçарулăхне тата çӳлерех çĕклерĕç. Ленин—Сталин партийĕ çак патриотла çĕкленĕвĕн пуçĕнче тăрать. Партин шалти демократине пурнăçласа пырса, критикăпа самокритикăна сарса ярса, парти организацийĕсем коммунизм строительствин сталинла программине ăнăçлă пурнăça кĕртме хăйсен ĕçĕн шайне ӳстерсе пыраççĕ, обществăлла-политикăлла пурнăçăн пур облаçĕсенче те коммунистсен авангардлă рольне ӳстереççĕ.

**С. КУЛТЫШЕВ,**
Истори наукисен кандидачĕ.

## Китайра И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенине вĕренеççĕ

ПЕКИН, февралĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). «Гуанминжибао» хаçат паян çапла пĕлтерĕ: Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Çурçĕрти бюровĕн пропаганда пайĕнче И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренмe курс организациленĕ.

Курсăн тĕп задачи—квалификациллĕ лекторсемпе преподавательсем хатĕрлесси. Çав лекторсемпе преподавательсем Çурçĕр Китайри кадрти рабочисен теориллĕ вĕренĕвне ертсе пыма тытăнаççĕ.

Совет Союзĕнчи экономикăллă строительствăн теорипе практика ыйтăвĕсене вĕреннипе пĕрлех курсра Китайри экономикăллă строительствăн экономикипе проблемисене вĕренеççĕ.

## Совет Союзĕпе Китай хушшинчи договор çине алă пуснăранпа виçĕ çул тултарнине паллă тăваççĕ

ПЕКИН, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕпе Китай пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, союзлă пуласси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор тунăранпа виçĕ çул тултарнине паллă тума хатĕрленеççĕ. Правительство учрежденийĕсен тата столицăри обществăллă организацисен çурчĕсене И. В. Сталин тата Мао Цзе-дун портречĕсемпе илемлетнĕ. Клубсемпе Культура çурчĕсенче çак паллă кун ячĕпе пухусемпе каласусем иртттереççĕ. Пур çĕрте те совет кинофильмĕсене кăтартаççĕ. Совет Союзĕ çинчен, Китайпа СССР-ти халăхсем хушшинчи туслăх çинчен выставкăсем уçнă.

Паян Пекинра савăнăçлă пуху иртттерчĕ. Ăна Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин Пекинри уйрăмĕ пухнă. Пухăва пынисене саламласа обществăн Пекинри уйрăмĕн председателĕн заместителĕ, Китайри паллă писатель Лао Шэ çапла каланă: Китайпа Совет Союзĕ хушшинче договор çине алă пуснă кун этемлĕх историйĕнчи чи чаплă кун пулса тăрать. Китайпа Совет Союзĕнчи халăхсем, мире юрататакан мĕнпур этемлĕх, тенĕ вăл, çак куна савăнса паллă тăваççĕ. Икĕ аслă халăх хушшинчи союзпа туслăх пĕтĕм тĕнчери мирĕн шанчăкĕ пулса тăрать. СССР пулăшнипе кăна Китай социализм строительствин çулĕпе пыма пултарать.

Совет Союзĕпе Китай хушшинче договор тунăранпа виçĕ çул тултарни çинчен чугун çулсен министрĕ Тэн Дай-юань доклад туса панă. Договор тунăранпа виçĕ çул çитнине палăртса, тенĕ докладчик, пирĕн правительствăна халăха ырă кăмăлпа пулăшса пынăшăн Китай халăхĕ Сталин Генералиссимуса, Совет правительствине тата совет халăхне тав тăвать. Председатель Мао Цзе-дун кăтартăвĕсене асра тытса, эпир çине тăрса Совет Союзĕнчен вĕренĕпĕр.

### СОВЕТ ÇАРĔПЕ КИТАЙ ХУШШИНЧИ ДОГОВОР ÇИНЕ АЛĂ ПУСНĂРАНПА ВИÇĔ ÇУЛ ТУЛТАРНĂ ЯТПА ШАНХАЙРА ПУЛНĂ САВĂНĂÇЛĂ ЛАРУ

ШАНХАЙ, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕпе Китай пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, Союзлă пуласси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор тунăранпа виçĕ çул çитнĕ май, фабрикăсемпе заводсенче, клубсемпе культура дворецĕсенче Совет Союзĕн çитĕнĕвĕсем çинчен, Китайпа Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинче çирĕпленсе пыракан çыхăну çинчен докладсемпе каласусем иртттереççĕ.

Паян хулари муниципалитетăн Пысăк залĕнче çак паллă кун ячĕпе савăнăçлă лару пулнă. Шанхай хулин мэрĕ Чэнь И доклад туса панă. Хăйĕн докладĕнче вăл Китай халăхĕ Совет Союзĕпе аслă Сталина чун-чĕререн юратни çинчен каланă. Ленин пулман пулсан, Сталин пулман пулсан, Совет Союзĕ пулман пулсан, Китай халăхĕ çĕнтерӳ тума пултарайман пулĕччĕ, тенĕ Чэнь И.

Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществин Хĕвелтухăç Китайри уйрăмĕн председателĕн заместителĕ Шу Тун Совет Союзĕпе Китай хушшинче договор тунăранпа виçĕ çул тултарни çинчен доклад тунă. Совет Союзĕн Шанхайри генеральнăй консулĕ Шестериков ларура пулнисене саламланă. Ларăва пухăннисем пысăк хавхаланупа Сталин юлташ патне саламлă телеграмма яма йышăннă.

## Китайра халăх представителĕсен пухăвĕсене суйламалли положени йышăннă

ПЕКИН, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтернĕ: февралĕн 11-мĕшĕнче Центральнăй Халăх правительство Совечĕ халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне суйламалли положение тата вулăссенчи, уездсенчи, провинцисемпе хуласенчи халăх представителĕсен пухăвĕсене суйламалли положение çирĕплетнĕ.

Ларура Центральнăй Халăх правительство Совечĕн председателĕ Мао Цзе-дун, унăн заместителĕсем тата Центральнăй Халăх правительство Совечĕн членĕсем пулнă.

Центральнăй суйлав комиссийĕн составне Лю Шао-ци (председатель), Чжу Дэ, Сун Цзин-лин, Ли Цзи-шэнь, Ли Вэй-хань тата ыттисем те, пурĕ 29 çын кĕнĕ.

## Венгрире машинăсем туса кăларас ĕç аталанать

БУДАПЕШТ, февралĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Венгрире машинăсем туса кăларасси хăвăрт аталанса пырать. Хальхи вăхăтра промышленноçăн çак отраслĕн продукцийĕн калăпăшĕ вăрçăчченхи шайран темиçе хут иртсе кайнă. Çĕнĕ йышши машинăсем туса кăларассине йĕркеленĕ. 1952 çулта çĕнĕ йышши револьвернăй станоксем, универсальнăй фрезернăй станоксем, гусеничнăй хăватлă тракторсем, кукурузăна тĕмĕн-тĕмĕн акмалли сеялкăсем, автобуссем туса кăларма пуçланă. Троллейбуссем туса кăларма тытăннă, малтанхи хут экскаваторсем туса кăларнă. Венгрири заводсем комбайнсем, электричество вăййĕпе çĕре шăтармалли машинăсем, кăткăс электрооборудовани, çĕнĕ йышши электропоездсемпе пăравуссем туса кăлараççĕ. Ĕлĕкхи вăхăтра Венгрие урăх çĕршывсенчен кӳрсе килнĕ машинăсене халĕ çĕршывра туса кăлараççĕ. Хăшпĕр машинăсене Венгри тулашри рыноксене, уйрăммăн илсен, капитализмлă çĕршывсене ăсатать.

Халăх хуçалăхĕн пилĕк çуллăх планĕ тăрăх машинăсем тăвакан промышленность продукцийĕн калăпăшĕ нумай ӳсет. Ку чухнехи техникăпа хĕçпăшаллантарнă, машинăсем тăвакан заводсем нумай туса лартăççĕ, 29 йышши çĕнĕ штампсем туса кăларассине йĕркеленĕ.

## Францире И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем“ ятла произведенийĕ саралать

ПАРИЖ, февралĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Францири ĕççынnисем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕпе питĕ хытă интересленеççĕ. «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, кăçалхи январĕн 31-мĕшĕ тĕлне И. В. Сталинăн генилллĕ произведенине 193.781 экземпляр чухлĕ сутнă.

### ФРАНЦИРЕ КОММУНИСТСЕНЕ ХĔСĔРЛЕÇÇĔ

ПАРИЖ, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Монпелье хулинчи (Эро департаменчĕ) апелляци сучĕ Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членне Рауль Каласа условнăй йĕркепе икĕ уйăхлăха тĕрмене хупмалла тата 20 пин франк чухлĕ штраф тӳлеттермелле туса приговор йышăннă. Рауль Калас Жак Дюклона законсăр арестленине хирĕç протестлесе 1952 çулхи майăн 29-мĕшĕнче иртттернĕ манифестацие хутшăннă пулнă. Ăна çав сăлтавпа хĕсĕрлеме пуçланă.

### ĔÇÇЫННИСЕМ ХĂЙСЕН ПРАВИСЕМШĔН КĔРЕШЕÇÇĔ

ПАРИЖ, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм Францири ĕç конфедерацийĕн профсоюз организацийĕсем чĕнсе калани çине ответлесе, Парижри хула транспорчĕнче ĕçлекенсем ĕнер кĕске вăхăтлăха забастовкăсем тунă. Вĕсем ĕç укçи ӳстерме требовани лартаççĕ.

## Америка банкирĕсем пуяççĕ

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). США-ра васкаса хĕçпăшал хатĕрленине пула Америка банкĕсем питĕ пысăк услам илеççĕ.

«Джорнэл оф коммерс» хаçат нумаях пулмасть пичетлесе кăларнă сведенисем тăрăх (çав сведенисене пĕчĕклетсе кăтартнă), 1952 çулта США-ри шултра сакăр банк кăна 345 миллион доллар услам илнĕ.

Америкăри хаçатсем çапла пĕлтернĕ: «Нэйшнл сити бэнкоф Нью-Йорк» банк питĕ пысăк услам илет. Вăл банка Америкăри хаçатсем нумаях пулмасть «Макартур банкĕ» тесе ят панă. Макартур США-н Инçет Хĕвелтухăçĕнчи хĕçпăшаллă вăйĕсен командующийĕ пулнă вăхăтра çак банк американецсен Корейăри интервенцийĕ валли укçа-тенкĕ парса тăнă. Иртнĕ çулта банк 113.409 пин доллар услам илнĕ. 1951 çулта вăл услам 99.925 пин доллар пулнă.

«Бэнк оф Америка нэйшнл трэст энд Сейвингс Ассошиэйшн» банк США-ри чи пысăк банксенчен пĕри шутланать. Ку банк США-н Хĕвеланăçĕнчи штатсенчи çар промышленноçĕ валли, уйрăммăн илсен, Калифорни штатĕнчи авиаци промышленноçĕ валли укçа-тенкĕ парса тăрать. Банкăн усламĕсем çултан-çул ӳссе пыраççĕ. 1952 çулта банкăн усламĕсем 103.316 пин доллар, пĕтĕм пурлăхăн хакĕ 8 миллиард долларлăх пулнă.

США-ра васкаса хĕçпăшал хатĕрлени тата Америкăн чикĕ леш енчи авантюрисем Морган тĕрĕслесе тăракан банксене пуйтараççĕ. «Джорнэл оф коммерс» хаçат пĕлтернĕ сведенисем тăрăх, «Ферст нэйшнл бэнк оф Нью-Йорк» банкăн усламĕсем 1951 çулта 13.939 пин доллар, 1952 çулта—15.407 пин доллар пулнă.

Америкăри хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, «Генри Шредер бэнжинг компани», «Шредер трэст компани» пек банксен тата ытти банксен тупăшĕсем хăвăрт ӳссе пыраççĕ. Вăл банксем Хĕвеланăç Германие милитаризацилессипе çыхăннă ĕçсенче пуяççĕ.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç унччченхи вырăнсенчех çапăçнă.

Ĕнер çĕрле Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем Саривонь тата Синьчхонь çывăхĕнчи мирлĕ ялсем çине, унта нимĕнле çар объекчĕсем çук пулин те, каллех ыр-са тапăннă. Халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем пур. Пурăнмалли çурт-йĕрсемпе землянкăсене нумай ишĕлтернĕ.

Халăх çарĕн самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

## Ли Сын Ман çарĕ хавшаса пырать

ПЕКИН, февралĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин специальнăй корреспонденчĕ Корея фронтĕнчен çапла пĕлтерет: Кăнтăр Корейăри салтаксем халĕ те Корея Халăх çарĕн боецĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен аллине тыткăна парăнаççĕ. Тарса пынă салтаксем каланă тăрăх, Кăнтăр Корея çарĕн соединенийĕсене Америкăн инструкторĕсене татах хушса панă. Вĕсене Ли Сын Ман салтакĕсем хушшинче пăлханусем ан пулччăр тесе янă. Хальхи вăхăтра кашни ротăрах Америкăн пĕр лейтенанчĕпе сержанчĕ пур. Вĕсем Корейăн мĕнпур салтакĕсене сăнаса тăраççĕ. Стройпа çӳреме вĕреннĕ чухне майĕпен çаврăнкаласан е «мораллĕ шухăш-кăмăл начар» пулсан салтаксене хĕнесе пĕтереççĕ.

Америка инструкторĕсенчен пример илсе, Ли Сын Ман офицерĕсем те салтаксене хĕнесе, вĕсене апатсăр хăварса тата гестапола ытти меслетсемпе чăçсенче йĕрке тата дисциплина тума хăтланаççĕ.

## Американецсем тыткăнри çар çыннисене вĕлереççĕ

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Пусанран çапла пĕлтерет: «ООН командованийĕ» январĕн 11-мĕшĕнче Çурçĕр Корейăн тыткăнри 4 çар çынни вилни çинчен пĕлтернĕ. Вĕсене февралĕн 9-мĕшĕнче Кочжедо утравĕ çинче амантнă пулнă. Çапла ĕнтĕ ун чухне пурĕ 5 çын вилнĕ. Командовани çакна кăтартса панă: тыткăна лекнĕ ытти 46 çын аманнă, вĕсенчен 8-шĕ йывăр аманнă.

### КАНАДА ХАЛĂХĔ КОРЕЙĂРИ ВĂРÇА ЧАРСА ЛАРТМА ЫЙТАТЬ

ОТТАВА, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри вăрçа чарса лартассишĕн пыракан юхăм Канадăра сарăлнăçемĕн сарăлать. Канадăри мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен конгресăн «Пис Ньюс» ятлă бюллетенĕ февралĕн 6-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, Джеймс Эндикотт февралĕн 28-мĕшне Корейăри вăрçа чарса лартассишĕн кĕрешмелли кун тума сĕнӳ панине Канадăри ĕççыннисем ырласа йышăнаççĕ.

Саскачеван провинцийĕнче ĕççыннисем хушшинче почта открыткисене пинĕ-пинĕпе салатаççĕ. Вăл открыткăсенче провинцин премьер-министрне вăрçа пĕр тăхтаса тăмасăр чарса лартассишĕн тăма чĕнсе каланă.

Британи Колумбийĕ ятлă провинцири мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен совет 2.667 çынтан ыйтса пĕлнĕ. Ыйтса пĕлнĕ çынсенчен 86 проценчĕ Корейăри вăрçа пĕр тăхтаса тăмасăр чарса лартассишĕн тăраççĕ. Ыйтса пĕлнĕ çынсенчен 99 проценчĕ ытла Канадăпа ытти çĕршывсем хушшинче суту-илӳ тăвассишĕн тухса каланă.

Канадăри мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен конгресăн вице-председателĕ Ева Сандерсон премьер-министр Сен-Лоран патне телеграмма янă. Унта Канада правительствине вăл Корейăри вăрçа пĕр тăхтаса тăмасăр чарса лартма тата каласса татăлайман ыйтусене татса пама сĕнӳ тăраттăр тесе чĕнсе каланă.

## Голландири Пĕрлешнĕ профсоюзсен центрĕн секретарĕн заявленийĕ

ВЕНА, февралĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). «Эстеррейхише фолькcштимме» хаçат Пĕрлешнĕ профсоюзсен центрĕн секретарĕн Брандсенăн заявленине пичетлесе кăларнă. Брандсен хальхи вăхăтра Венăра пурăнать. Унта вăл Голландире шыв илнĕ пирки сиен курнă çынсене пулăшу парассине йĕркелес тĕлĕшпе профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн секретариачĕпе каласусем иртттерет.

Брандсен шыв илнине пула кӳнĕ сиен çинчен çапла каланă: 2 пин çын вилнĕ. 60.000 çынна шыв илнĕ районсенчен урăх районсене куçарса кайнă. Катастрофăна пула пĕр миллион çын сиен курнă. Голланди территорийĕн 5 проценчĕ ытла шыв илнĕ. Шыв илнине пула кӳнĕ сиен 3 миллиард гульден ытла шутланать. Ку вăл Голландин çулталăкри государство бюджетĕнчен çур миллиард гульден ытларах пулать.

Брандсен Голланди правительстви инкек пуласран сыхланма тата инкек кӳнĕ сиене çăмăллатас тĕлĕшпе нимĕн тума та пултарайманнине палăртнă.

Правительство халăха чĕнсе каланă пулсан, Голландире пур çĕрте те вилнисемпе аманнисем пулмастчĕç. Кун çинчен, сăмахран, нумай пулăçăсем, спортсменсемпе рабочисем, хăйсен пуçарăвĕпе ĕçлекенсем, тунă çитĕнӳсем лайăх кăтартса параççĕ. Сăмахран, влаçсем пĕр яхт-клубри спортсменсене: сирĕн пулăшăвăр кирлĕ мар, тесе каланă. Çавăн хыççăн спортсменсем хăйсем пуçарнипе 286 çынна çăлнă.

Брандсен çакна кăтартса панă: рабочисен организацийĕсем, уйрăммăн илсен, профсоюзсем пулăшу парас тесе сĕнӳ панă. Анчах правительство вĕсен сĕнĕвне йышăнман. Правительство «çăлакан ушкăнсенче» ĕçлеме гимназистсемпе студентсене хутшăнтарнă. Правительство халăха çапла пĕлтернĕ: сире американецсем пысăк пулăшу парĕç. Анчах тĕрĕссипе илсен ун пек пулăшу пулман.

Юлашкинчен Брандсен Голландири влаçра тăракан ушкăнсем катастрофăна пула пулнă пысăк инкексем «çутçанталăк условийĕсенчен» килчĕ тесе ăнлантарса пама хăтланнине тăрă шыв çине кăларнă.

Катастрофа питĕ пысăк пулни, тенĕ вăл, правительство темиçе çул хушши ĕнтĕ пĕвесемпе дамбăсене юсаманнинчен килнĕ. Вăрçă вăхăтĕнче гитлеровецсем бомбăсем пăрахнине пула ишĕлнĕ вырăнсене халĕ те юсаман. Халăх хуçалăхĕ валли кирлĕ укçа-тенкĕне правительство хĕçпăшалланма тата тĕнчери çĕнĕ вăрçа хатĕрленнĕ çĕре расходласа пынă.

## Эстафета пуçланчĕ

МУРКАШ. Районти физкультурăпа спорт комитечĕ тата Досааф оргкомитечĕ Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ ячĕпе çамрăксен йĕлтĕрлĕ эстафетине иртттереççĕ.

Февралĕн 7-мĕшĕнче Муркашри вăтам шкулта вĕренекенсен команди Тойкилтĕри çичĕ çул вĕренмелли шкулта пулчĕ. Çулламăй эстафетăна хутшăннă П. Иванов агитатор Сталин ячĕпе тăракан колхозра, Муркаш, Шаптак, Çурлатри ялĕсенче каласусем иртттерчĕ. Эстафетăпа килнĕ юлташсем шкулти радиокружок мастерскойĕнче пулчĕç, ĕç опычĕпе паллашрĕç.

Çав кунах Тойкилтĕри çичĕ çул вĕренмелли шкулти йĕлтĕрçĕсен команди эстафетăна Чуманкассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсене çитерсе пачĕ.

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ тата вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе иртттерекен эстафета февралĕн 23-мĕшĕччен пырать. Эстафетăна 150 ытла çамрăк тата 18 агитатор хутшăнать. Вĕсем районти 40 ялта Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ çинчен, Совет халăхĕ миршĕн кĕрешни, коммунизмăн аслă стройкисем тата депутата суйлама тăратнă кандидатсем çинчен каласусем иртттереççĕ. Февралĕн 23-мĕшĕнче Пашалукассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулти çамрăк йĕлтĕрçĕсен команди эстафетăна вĕçлет.

Г. СЕМЕНОВ.

### ПЕДАГОГИКА УЧИЛИЩИСЕНЧЕ ВĔРЕНЕКЕНСЕН ĂМĂРТĂВĔ

Çак кунсенче Куйбышевра педагогика училищисенче вĕренекенсен ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Вĕсем йĕлтĕрпе, конькипе чупса РСФСР-та мала тухассишĕн ăмăртрĕç. Ăмăртăва тĕрлĕ облаçсемпе крайсенчен тата республикăсенчен пурĕ 22 команда тата уйрăм спортсменсем хутшăннă.

Пирĕн республикăран ăмăртăва Етĕрне хулинчи педагогика училищин физкультура уйрăмĕн команди кайнă. Команда ăмăртăва иккĕмĕш ушкăн енĕпе хутшăннă. Командăри спортсменсем конькипе чупса тăваттăмĕш вырăна тухнă.

Командăра пулнă Г. Авдеев 500 метра конькипе чупса уйрăммăнах лайăх тĕслĕх кăтартнă. Вăл çак дистанцие 55,2 секундра чупса тухнă, виççĕмĕш вырăн йышăннă. Ăна РСФСР Сутĕç министерствин грамотине панă.

## Суйлав ячĕпе

Полиграфи промышленность предприятийĕсемпе Чăвашкниготорг магазинĕсен коллективĕсем вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе пуçарнă социализмлă ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ.

Районсенчи типографисем январь уйăхĕнчи производство планне 108,5 процент, Чăвашполиграф промышленность управленине пăхăнса тăракан типографисем 101 процент пурнăçланă. Районсенчи типографисенчен Сĕнтĕрти, Вăрмарти, Чкаловскинчи, Етĕрнери, Çĕрпӳри, Пăрачкаври, Ишлейри, Шăхасанти типографисем уйрăмах лайăх ĕçленĕ, уйăхри плана 120—180 процент таран тултарнă.

Чăвашкниготорг январь уйăхĕнче тавар çаврăнăш планне 106,9 процент пурнăçланă. Çĕрпӳри, Хĕрлĕ Чутайри, Йĕпреçри, Пăрачкаври, Патăрьелĕнчи, Калининори кĕнеке магазинĕсем уйăхри задание чылай иртттерсе пурнăçланă.

Полиграфи промышленность предприятийĕсемпе книготорг коллективĕсем вырăнти Советсен суйлав кунĕ тĕлне февраль уйăхĕнчи плана иртттерсе тултарассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

И. КОВАЛЕВСКИЙ.

## Пахча-çимĕç вăрри сутакан ларексем

Çураки вăхăчĕ çывхарса килет. Тĕштырă культурисен вăрлăхĕсене хатĕрленипе пĕрлех, кашни колхозăн пахча çимĕçсен вăрлăхне те халтерех туянма тăрăшас пулать. Хăшпĕр колхозсем пахча çимĕç вăррисене хăйсен хуçалăхĕнчех ăнăçлă акса тăваççĕ. Анчах чылай колхозсен пахча çимĕç вăррисене кăçал та илсе акмалла пулать-ха.

Пахча çимĕçсен вăррине республикăри «Сортсемовощь» кантурĕ Шупашкарта, Канашра, Улатăрта тата Комсомольскипе Красноармейскинче «Сортсемовощь» склачĕсенче сутать.

Мартăн 1-мĕшĕнчен пуçласа пахча çимĕç вăррисем сутакан ларексем Етĕрнере, Сĕнтĕрвăрринче, Çĕрпӳре, Вăрнарта, Çĕмĕрлере, Аслă Патăрьелĕнче, Йĕпреçре, Вăрмарта, Куславккара тата Елчĕкре уçăлаççĕ.

М. КРАСНОВА.

# Ыйтусемпе ответсем

### ЫЙТУ: ЫЙХĂ ТАТА ТĔЛĔК КУРАССИ МĔНРЕН КИЛЕТ?

В. Т. Трофимов, Красноармейски районĕнчи Çавалçырма ялĕ.

**Ответ:** Вăтамран илсен, çын хăй пурнăçĕн виççĕмĕш пайне çывăрса иртттерет. Академик К. М. Быков сăнанă тăрăх, çын апат çимесĕр чылай вăхăт тӳсме пултарать, çав вăхăтрах çывăрмасăр нумай тӳсме пултараймасть, икĕ-виç талăк çывăрмасанах çыннăн пуç миминĕ йĕркеллĕ ĕçлеме пăрахать. Çавăнтан ĕнтĕ ыйхă çын пурнăçĕнче пысăк вырăн йышăнни курăнать.

Ыйхă мĕнрен килнине академик И. П. Павлов питĕ лайăх ăнлантарса панă. Çын çутçанталăкра пурăнать. Кун каçине çутçанталăкран ун пуç мимине тĕрлĕ раздраженисем кĕреççĕ. Çын курать, илтет, шухăшлать, ĕçлет тата ытти те. Пурте вĕсем пуç мими ĕçленипе пулса пыраççĕ. Пуç мими клеткисем ĕçленĕ вăхăта возбуждени теççĕ. Анчах пуç мими клеткисем пĕрмай ĕçлесе тăма пултараймаççĕ, вĕсем ывăнаççĕ, вĕсене канăç кирлĕ. Вара çыннăн çывăрасси килет. Пуç мими клеткисем вăхăтлăха ĕçлеме пăрахса кайнă вăхăта торможени теççĕ. Çывăрнă вăхăтра çав торможени тенĕ процесс пуç мими хуппин уйрăмĕсене тата ун айĕнче тăракан пайĕсене те саланать. Çакна пула çын ыйхăра туллан килекен раздраженисене туйми, тӳсми пулать. Анчах çывăрнă чухне пурнăçшăн кирлĕ центрсем ĕçлеме пăрахмаççĕ. Çавăн пирки чĕре çывăрнă чухне те ĕçлет, ӳпке сывлать т. ыт. те.

Çывăрса тăраннă хыççăн пуç мимин уйрăм пайĕсем çĕнĕрен ĕçлеме пуçлать, унăн возбуждени тапхăрĕ пуçланать. Çапла возбуждени пе торможени процесĕсем пĕрмаях улшăнса тăраççĕ, унсăрăн пурнăç та пулмасть.

Мĕнрен килет-ха ĕнтĕ тĕлĕк курни? Торможени процесĕ пуç мимин ăс-тăн пайĕсене йĕркеллĕ саланнă пулсан, çын хытă çывăрса, нимĕнле тĕлĕк те курмасть. Торможени процесĕ пуç мими хуппин хăшпĕр пайĕсене саланайман пулсан, урăхла каласан пуç мимин хăшпĕр пайĕсем çын çывăрнă вăхăтра канмаççĕ пулсан, çын тĕлĕк курать. Сăмахран, тулти раздраженисем (музыка выляни, шаккана сасă, аслати авăтни т. ыт.) ăна тĕлĕк вырăнне курăнаççĕ. Çавнашкалах, пуç мимине çыннăн хăй ăшĕнчен пыракан тĕрлĕ раздраженисем те (чĕре ыратни, вар-хырăм тулса лари, йĕркеллĕ выртмани тата ытти) тĕлĕк курмалли материалсем пулса тăма пултараççĕ. Виççĕмĕшĕнчен — тĕрлĕ тĕлĕксем çын тахçан курса-илтнĕ япаласенчен, тӳссе курнă хуйхă-суйхăсенчен, савăнăçсенчен тата хăй тума палăртса хунă ĕмĕтсенчен килеççĕ. Анчах, кирек мĕнле пулсан та, тĕлĕк курни пуç мимин канман пайĕсене тĕрлĕ раздраженисем пырса кĕнипе пулаççĕ.

Тĕлĕк çынна пурнăçри пек мар, тем тĕрлĕн тĕлĕнмелле курăнать. Çакă вăл çын тĕлĕк курнă вăхăтра унăн пуç мими пайĕсем пĕр-пĕринпе çыхăнса тăманнинчен килет. Çывăрман чухне çын кирек мĕнле раздражение те шутласа, ăнланса илет, мĕншĕн тесен унăн пуç мими пĕтĕмĕшпех ĕçлет. Тĕлĕк курнă чухне пуç мимин уйрăм пайĕсем, çын çывăрман чухнехи пекех, возбуждени тапхăрĕнче тăраççĕ, ытти пайĕсем тормăсланса ларнă. Çакна пула вĕсем хушшинчи çыхăну татăлать, пĕр-пĕринпе килĕшсе ĕçлесси арканса каять. Çавăнпа тĕлĕк çынна тĕлĕнмелле курăнать.

Çапла вара, тĕлĕк çын лăпкă çывăрманнине кăна пĕлтерет, урăх нимĕн çинчен те пĕлтерме пултараймасть.

Хăшпĕр çынсем çывăрнă чухне калаçаççĕ. Çакă вăл çывăракан çыннăн пуç миминчи калаçассине йĕркелесе тăракан центр пĕтĕмĕшпех тормăсланса ларманнинчен килет.

Сайра хутра тата лунатик текен çынсем тĕл пулаççĕ. Ун пек çынсем çывăрнă çĕртен тухса кайса çӳреççĕ, часчасах йывăç е пӳрт тăррине улăхса анаççĕ. Кайран тавăрнаççĕ те, каллех çывăраççĕ. Ирхине вара мĕн пулса иртнине нимĕн те астумаççĕ. Çакна «ыйхăра çӳрени», теççĕ, кунта уйăх айăплă мар, çавăнпа лунатик тени те тĕрĕс мар. Ыйхă çакăн пек пăсăлни вăл пуç мими пĕтĕмĕшпе тормăсланса ларнă вăхăтра унăн хусканусене йĕркелесе тăракан пайĕсем тормăсланмасăр юлса, пушшех ытларах ĕçлеме тытăннинчен килет. Çакăн пирки ĕнтĕ çын хăйне хăй ăнланмасăр тухса çӳрет, хăрама пĕлмесĕр таçта та хăпарса кайма пултарать.

Ыйхă çакăн пек пăсăлнисене врачсем кăна сыватма пултараççĕ.

Тĕлĕк курни—чир мар. Анчах çын час-час тĕлĕк курать пулсан, вăл йĕркеллĕ çывăрма пĕлменнине кăтартса парать.

Çитĕнсе çитнĕ çын талăкра 7—8 сехет çывăрмалла. Ачасем ытларах, ватă çынсем сахалтарах çывăраççĕ. Çирĕп сывлăхлă ыйхăпа çывăрас тесен, яланах пĕр вăхăтра выртма, пĕр вăхăтра тăма хăнăхмалла. Çывăрас умĕн пĕр-икĕ сехет малтан ăс-тăнпа шухăшласа ĕçлессине пăрахмалла, пуç мимине вăхăтлăха хускатакан эрех-сăра е çирĕп чей ĕçме кирлĕ мар, каçхи апат çăмăл пулмалла, пит-куçа çуса выртмалла, çывăрмалли пӳлĕме уçăлтармалла, ачасене хăруш юмахсем каласа кăтартмалла мар, çывăрнă чухне пуç урлă çивиттипе витĕнсе выртмалла мар, çывăрас умĕн кăшт уçă сывлăшра тухса уçăлса кĕни усăллă. Çывăрса тăрсан, ирхине, нерва системине çирĕплетме гимнастика тумалла тата ӳттире сивĕ шывпа сăтăрмалла. Çак майсене пурнăçа кĕртни вăл çынна нимĕнле эмелрен те лайăх çывăрма, лайăх канма, тепĕр кунĕнче ĕçре хастарлă пулма пулăшать.

Ыйхă, пуç мими канни çын пурнăçĕнче калама çук пысăк вырăн йышăнса тăрать. Нумай чирсем нерва системи, чи малтан пуç мими, хавшакланнинчен килеççĕ. Çакна астуса хальхи вăхăтра академик И. П. Павлов вĕрентнĕ тăрăх, нумай больницăсенче хăшпĕр чирсене (сăмахран, шизофрени, вар-хырăм язви, юн хытăрах тапни тата ытти) ыйхăпа, нумай хушă çывратса сыватаççĕ. Кун пек сыватас ĕçе халĕ Шупашкар больницинче те йĕркеленĕ.

Пĕр-икĕ сăмах гипноз çинчен. Гипноз ыйхăпа тачă çыхăнса тăрать. Ыйхăсăр гипноз пулмасть. Анчах гипноз ахаль ыйхăран уйрăм тăрать. И. П. Павлов гипноза пĕтĕмпех çывăрса кайман ыйхă, тенĕ. Гипноз манерлĕ япаласем пурнăçра сахал мар пулаççĕ. Сăмахран, мельник арман çаврăнма чарăннине хытă çывăрнă хушăрах сисет, ача амăшĕ ача кăшт çаврăнкаланинех сисет, çав вăхăтрах ăна урăх сас-шав вăратмасть. Çакă вăл çын хытă çывăрнă вăхăтрах унăн пуç миминче уйрăм вырăнсем хусканса тăнине пĕлтерет. Вĕсене дежурнăй е сторож пункчисем теççĕ. Гипноз чухне те çавăн пекех пулать. Гипнотизер çынна малтан çывратса ярать, унăн пуç мими вара, çывăрнă чухнехи пекех, тормăсланса ларать. Анчах пĕтĕмпе мар, çын пуç миминче гипнотизерпа çыхăну тытма (ăна «рапорт» теççĕ) уйрăм пунктсем çывăрмасăр, тормăсланса лармасăр юлаççĕ. Çавсем урлă вара гипнотизер çынна тем хушма та пултарать. Çынни вăл вăхăтра урăх çĕртен пыракан раздраженисене йышăнмасть, гипнотизер каланисене çеç итлекен пулать. Çапла çывратнă хушăра гипнотизер çынна кайран, çывăрса вăраннă хыççăн та хăй каланисене итлеттерекен тума пултарать. Сăмахран, гипнотизер çынна çывăрнă вăхăтра табак туртма пăрахма хушать пулсан, çын кайран чăнах та çăмăллăнах табак туртма пăрахма пултарать. Анчах ун пек тума пĕр сеанс сахал, хушнине çирĕплетсе пыма темиçе сеанс кирлĕ пулать.

Гипноза пур çынсем те пĕр пек парăнмаççĕ. Кунта ăна ĕненни, шанни тата çыннăн нерва системи мĕнле пулни пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

Гипнозпа нумай чир-чĕрсенчен сыватаççĕ. Сăмахран, тĕрлĕрен нерва системи хавшакланнă чирсем, хăшпĕр ӳт-тир чирĕсем, табак туртни, эрех ĕçни т. ыт. гипноза лайăх пăхăнаççĕ.

Академик И. П. Павлов вĕрентнĕ тăрăх, совет медицини тĕрлĕ чир-чĕрсенчен сыватас ĕçре ыйхăпа та, гипнозпа та усă курать.

Врач К. ПАЙРАШ.

Редакторшăн М. Н. ЯКИМОВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01290 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.